ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул
Февраль
8
юнкун
№ 28 (9707)
Хакĕ 20 пус.
38-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин «Юнайтед пресс оф Пакистан» телеграф агентствин ыйтăвĕсем çине панă ответсем (1 стр.).
К. Е. Ворошилов юлташ 75 çул тултарнă ятпа килнĕ телеграммăсем (1 стр.).
Н. С. Хрущев юлташ Чжу Дэ маршала йышăнни (1 стр.).
Н. А. Булганин юлташ Чжу Дэ маршала йышăнни (1 стр.).
КПСС XX-мĕш съезчĕ умĕн (2 стр.).
Д. Митьков.—Ял Совечĕсене ертсе пырассине лайăхлатмалла (2 стр.).
Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкин участникĕсене наградăсемпе премисем пани. (Малалли). (2 стр.).
КРИТИКАПА БИБЛИОГРАФИ. Леонид Агаков.—«Ялав» журналти хăшпĕр калавсем çинчен (3—4 стр.).
Н. Никитин, Н. Дмитриев.—Удобренисем нумайрах, хатĕрлер (3 стр.).
Д. Заславский.—Федор Михайлович Достоевский. Вилнĕренпе 75 çул тултарнă май (3 стр.).
Совет Правительстви Иран Правительствине панă нота (4 стр.).
Совет Правительстви Федеральнăй Германи Республикин Правительствине 1956 çулхи февралĕн 5-мĕшĕнче панă нота (4 стр.).

# Ялхуçалăх фильмĕсен фестивалĕ

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви киноискусствăна малалла аталантарса пырассишĕн тăрăшаççĕ. ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче çапла каланă:

«Чи массăллă искусство пулса тăракан кино пĕлтерĕшне шута илсе, кинокартинăсем ытларах ӳкерме, вĕсен идейăлла-художествăлла шайне ӳстерме тата кинокартинăсем кăтартмалли вырăнсем ытларах тума мерăсем йышăнмалла. Пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле çулталăкра пысăк кинокартинăсем 120-рен кая мар ӳкермелле тăвас.

Пилĕкçуллăхра киноустановкăсен шутне 30 процента яхăн ӳстерес. СССР Культура министерствин системинче 500 пин вырăнлăх кинотеатрсем туса лартас, ку вăл пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра тунипчен 4 хут ытларах пулать. Наукăлла-техникăлла фильмсен пахалăхне ӳстермелле, çак фильмсем техникăлла пропаганда туса пымалли, наукăпа техника çитĕнĕвĕсем çинчен пĕлтерсе тăмалли тата производствăри малта пыракансен опытне сармалли паха майсенчен пĕри пулса тăраççĕ».

Колхозсемпе машина-трактор станцисен тата совхозсен малта пыракан опытне анлăн сарма, колхозниксемпе ялхуçалăх механизаторĕсене совет наукипе техникин тата агробиологи наукин çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе паллаштарма ялхуçалăх фильмĕсене, наукăлла, хроникăлла-документла фильмсене тата вĕренӳре усă курма ятарласа кăларнă кинокартинăсене кăтартни нумай пулăшать. Çакна шута илсе, пирĕн çĕршывра çулсеренех ялхуçалăх фильмĕсен фестивальне ирттереççĕ. Кăçалхи фестиваль январьтен пуçласа май уйăхĕччен пырать.

СССР Культура министерстви Пĕтĕм Союзри фестивальте кăтартма 120 ялхуçалăх фильмĕ уйăрса панă. Вĕсенчен утмăла яхăн фильм ӳсентăрана çитĕнтерме вĕрентет. Вĕсене колхозниксем кăмăлласа пăхаççĕ, ялхуçалăх фильмĕсем колхозсене пысăк тухăçлă культурăсем, уйрăмах çĕрулмипе кукуруза туса илес ĕçре пысăк пулăшу панине колхозниксем лайăх пĕлеççĕ.

Пирĕн республикăри кинопрокатăн хальхи вăхăтра ялхуçалăх фильмĕсем тăхăр çĕре яхăн шутланаççĕ, кино кописен хисепĕ икĕ пинрен те иртет. «Кукуруза—пысăк тупăш паракан культура», «Кĕрхи тулă», «Ӳсентăран ӳсни тата аталанни», «Органикăлла-минералла хутăш удобренисене—уй-хире», «Удобренисем», «Колхоз ученăйĕ Терентий Мальцев çинчен» фильмсене курма колхозниксемпе колхозницăсем тата ялхуçалăх механизаторĕсем хаваслансах çӳреç.

СССР Министрĕсен Совечĕ икĕ çула яхăн каялла наукăлла, хроникăлла-документла тата вĕренӳре усă курма кăларнă фильмсем кăтартас ĕçе анлăн сарасси пирки ятарласа постановлени йышăннăччĕ. Унтанпа ку ĕçе вырăнсенче чăннипех те анлăн, тивĕçлипех лайăх йĕркелеме вăхăт çителĕклĕ пулнă пулсан та, пирĕн республикăра ăна халĕ те кирлĕ пек йĕркелемен-ха. Чылай районсенче культура пайĕсен руководителĕсем çак ĕçĕн пĕлтерĕшне тивĕçлипе ăнланса илмен. Иртнĕ çулта пирĕн республикăра план тăрăх ялхуçалăх фильмĕсене кăтартас тĕлĕшпе сакăр пин сеанс ирттермелле пулнă. Чăннипе вара мĕн пурĕ те пин çурă ытларах сеанс кăна пулнă.

Ялхуçалăх фильмĕсене кăтартасси çавăн пек пачар пулса пыни сăлтавĕ çакăнта: районти парти организацийĕсемпе вырăнти советсем кино ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опытне сармалли хăватлă хăй пулса тăнине тивĕçлипе шута илмеççĕ, вĕсем ку ĕçпе халĕ те çителĕклĕ интересленмеççĕ. Районсенчи культура пайĕсем çак ĕçе пĕтĕмпех киномеханиксем çине тиеççĕ, ялхуçалăх фильмĕсене кăтартма колхозсемпе договорсем тума та тăрăшмаççĕ.

Йышăннă йĕрке тăрăх, кашни ялхуçалăх фильмне кăтартнăшăн ĕç укçи киномеханикне моториста хушса тӳлемелле. Культура пайĕсем чылай чухне çак сирĕп йĕркене пăхăнмаççĕ, кинопработниксене ялхуçалăх фильмĕсене ытларах кăтартма хавхалантармаççĕ.

Халăха ялхуçалăх фильмĕсем кăтартас ĕçе хакламаннине татăклăнах сивлемелле. Парти райкомĕсемпе райсовет исполкомĕсен культура пайĕсемпе культура учрежденийĕсен — клубсен, вулав çурчĕсемпе библиотекăсен работникĕсене, уйрăмах кинофикаци работникĕсене, колхоз ĕçчене́сем хушшинче ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опытне тата ялхуçалăх пĕлĕвĕсене пропагандăлас ĕçе анлăрах хутшăнтармалла.

Киноработниксем партин XX-мĕш съезчĕ умĕн ялти ĕççыннисене кино кăтартас тĕлĕшпе социализмла ăмăртăва вăйлатса пыраççĕ. Нумаях пулмасть Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсовет Президиумĕ ял ĕçченĕсене кино кăтартас енĕпе пыракан социализмла ăмăртăвăн иртнĕ çулхи тăваттăмĕш кварталти итогĕсене палăртрĕç. Социализмла ăмăртура Канаш районĕнчи культура пайĕ мала тухнă.

Ялти ĕççыннисене кино кăтартас тĕлĕшпе малта пыракан районсенчо те, шел пулин те, ялхуçалăх фильмĕсене халăх хушшинче пропагандăласси çителĕксĕр пулса пырать.

Ялхуçалăх фильмĕсене кăтартас ĕçре киномеханиксене ялти кино организаторсем, культура работникĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсем, комсомол организацийĕсем куллен пулăшса тăма тивĕçлĕ. Колхоз правленийĕсен колхозниксене ялхуçалăх фильмĕсене кăтартма договорсем тăвас пулать. Ял Совечĕсемпе колхоз правленийĕсен кино кăтартма клубсенче тивĕçлĕ условисем туса памалла. Кино кăтартмалли пӳлĕмсем культурăллă, ăшă та таса, кино курма пынă çынсем валли ларма тенкелсемпе пукансем çителĕклĕ пулччăр.

Çатракасси (Октябрьски районĕ) клубĕнче, сăмахран, çавăн пек условисем çук вара: алăкĕсенчен те, чӳречисенчен те çил вĕрет. Вутă çук пирки клуба хутмаççĕ. Кĕçкейри клуба пырса кĕме те çук, ăна çапсах хупса лартнă. Çавна пула кунта кино кăтартаймаççĕ.

Ялхуçалăх фильмĕсен фестивалĕ ку районта япăх пырать. Кунта республикăри кинопрокат кантурĕ те айăплă. Фестиваль пуçланнăранпа пĕр уйăх иртрĕ пулин те, кинопрокат кантурĕ район валли фильмсем çителĕклĕ ярса паман.

Çакнашкал çитменлĕхсем ытти районсенче те час-часах тĕл пулаççĕ-ха. Чăваш АССР Культура Министерствин тата унăн вырăнти органĕсен ялхуçалăх фильмĕсен фестивальне кашни районтах ăнăçлă ирттерессишĕн çине тăрса кĕрешмелле, ку ĕçе куллен ертсе пымалла.

Кино тата клуб работникĕсем! Ялхуçалăх фильмĕсен фестивальне пур çĕрте те лайăх, ăнăçлă ирттерессишĕн пĕтĕм пултарулăхпа вăя хурса кĕрешер!

## Н. С. Хрущев юлташ Чжу Дэ маршала йышăнни

Февралĕн 6-мĕшĕнче КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕррмĕш секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ Китай Халăх Республики Председателĕн Заместительне Чжу Дэ маршала тата унпа пĕрле килнĕ çынсене Китай Халăх Республикин Государство Оборона Комитечĕн Председателĕн Заместительне Не Жун-чжэн маршала, Пĕтĕм Китайри халăх представителĕсен Пухăвĕн Ялании комитечĕн членне Лю Лань-таона, Ши Чжэ советника йышăннă.

Йышăнура Китай Халăх Республикин ССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Лю Сяо тата СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ Н. Т. Федоренко пулнă.

Н. С. Хрущев юлташпа Чжу Дэ маршал ăшă кăмăлпа туслăн калаçнă.

## Н. А. Булганин юлташ Чжу Дэ маршала йышăнни

1956 çулхи февралĕн 6-мĕшĕнче СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин Китай Халăх Республики Председателĕн Заместительне Чжу Дэ маршала тата унпа пĕрле килнĕ çынсене—Китай Халăх Республикин Государство Оборона Комитечĕн Председателĕн Заместительне Не Жун-чжэн маршала, Пĕтĕм Китайри халăх представителĕсен Пухăвĕн Ялании комитечĕн членне Лю Лань-таона, Ши Чжэ советника йышăннă.

Йышăнура Китай Халăх Республикин ССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Лю Сяо, СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ Н. Т. Федоренко, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Протокол начальникĕ Е. А. Тарабрин пулнă.

Н. А. Булганинпа Чжу Дэ маршал ăшă кăмăлпа туслăн калаçнă. (ТАСС).

## ЧĂВАШ АССР-ĕн ТĂВАТТĂМĔШ СОЗЫВРИ ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔН ВИÇÇĔМĔШ СЕССИЙĔ УÇĂЛАССИ ÇИНЧЕН

Чăваш АССР-ĕн тăваттăмĕш созыври Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш сессийĕ 1956 çулхи февралĕн 9-мĕшĕнче, кăнтăрла иртсен 2 сехетре, Советсен Çурчĕн ларусен залĕнче уçăлать.

# СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин „Юнайтед пресс оф Пакистан“ телеграф агентствин ыйтăвĕсем çине панă ответсем

Пакистанри «Юнайтед пресс оф Пакистан» телеграф агентствин редакторĕ Кутуббудин Азиз господин СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕнчен Н. А. Булганинран Совет Союзĕпе Пакистан хушшинчи хутшăнусене пырса тивекен ыйтусем çине ответлеме ыйтнă. Ыйтусене вăл ССР Союзĕн Пакистанри посольстви урлă панă.

Аяларахра Н. А. Булганин Пакистанри телеграф агентстви редакторĕн Кутуббудин Азиз господинăн ыйтăвĕсем çине панă ответсем пичетленеççĕ.

**Ыйту:** Верховнăй Совет сессийĕнче тухса каласа, Совет Союзĕн премьерĕ ССР Союзĕпе Пакистан хушшинчи хутшăнусем лайăхланассине шанса тăни çинчен каланăччĕ. Çак хутшăнусене лайăхлатма, унăн шучĕпе, мĕнле майсем пур-ши?

**Ответ:** Совет Союзĕ хăйĕнпе ытти çĕршывсен хушшинчи хутшăнусенче тĕрлĕ обществăлла системăллă государствăсем мирлĕ пурăнма пултарассине тата пĕр-пĕрне усă кӳме туслăн килĕштерсе ĕçлени кирлине яланах асра тытнă тата халĕ те асра тытать.

Совет Союзĕн тулашри политики мĕнпур халăхсен наци тĕлĕшĕнчен никама пăхăнмасăр пурăнас тата государствăна аталантарас правине йышăнни çинче никĕсленсе тăрать. Эпир урăх государствăсен шалти ĕçĕсене мĕнле те пулин хутшăнассине хирĕç тăратпăр.

Ку вăл Пакистан тĕлĕшпе те çавăн пек. Пакистан халăхĕн, ытти мĕнпур халăхсенни пекех, шалти ĕçсене хăй шутланă пек татса пама çавăн пек право пур.

Пĕрмаях мир политики тытса пырса, Совет Союзĕ хăйĕнпе кӳршĕллĕ хăшпĕр государствăсем, хăйсемшĕн ют интересcемшĕн тăрăшса, Совет Союзĕшĕн хăрушлăх туса хуракан çар тата политика енĕпе тунă агрессилле блоксене кĕни çине, паллах ĕнтĕ, тивĕçлĕ хак памасăр тăма пултараймасть. Эпир çар тата политика енĕпе тунă агрессилле ушкăнсене, СЕАТО тата Багдадра тунă пакт йышши ушкăнсене (унта Пакистан та хутшăннă) хирĕç тăратпăр.

ССР Союзĕпе Пакистан хушшинчи туслă хутшăнусем пĕр-пĕрин мирлĕ пурăнмалли паллă пилĕк принцип никĕсĕ çинче йĕркеленме пултарĕччĕç, çак принципсем ССР Союзĕпе Инди, Китай Халăх Республики, Бирма тата ытти çĕршывсем хушшинчи хутшăнусен никĕсĕ пулса тăчĕç те ĕнтĕ.

ССР Союзĕпе Пакистан хушшинчи хутшăнусенче те çак принципсемпе усă курни, паллах ĕнтĕ, Совет Союзĕпе Пакистан хушшинчи хутшăнусене лайăхлатса аталантармалли шанчăклă меслет пулса, пирĕн çĕршывсен халăхĕсен интересĕсемпе тата ĕмĕчĕсемпе пĕтĕмпех килĕшсе тăнă пулĕччĕ. Кунта эпир Пакистан халăхĕ, мире юрататакан ытти халăхсем пекех, мире тĕреклетессишĕн, хăйĕн çĕршывĕн никама пăхăнманлăхне çирĕплетессишĕн тата унăн ырлăхне ӳстерессишĕн чунтан тăрăшнине асра тытатпăр.

**Ыйту:** Совет Союзĕпе Пакистан мĕн-мĕн енĕпе тачă çыхăнса ĕçлеме пултарĕччĕç-ши?

**Ответ:** Совет Союзĕ мĕнпур çĕршывсемпе чи анлă çыхăнусем тытассишĕн тата вĕсене вăйлатса пырассишĕн тăрать. Иккĕленмелли çук, Совет Союзĕпе Пакистан экономика, техника, культура тата ытти енĕпе тачă çыхăнса ĕçлесси ăнăçлă аталанса пыма пултарать.

**Ыйту:** Совет Союзĕпе Пакистан хушшинче экономика тĕлĕшпе тачă çыхăнса ĕçлеме мĕнле майсем пур?

Совет Союзĕ Пакистана экономика тата техника енĕпе пулăшма, çак пулăшăва мĕнле те пулин условисемпе çыхăнтармасăр пама хатĕр тăрать-ши?

**Ответ:** Пирĕн шутпа, Совет Союзĕпе Пакистан хушшинче экономика енĕпе пĕр-пĕрне усă кӳрсе тачă çыхăнса ĕçлеме кирлĕ майсем çителĕклех пур, кунта, паллах ĕнтĕ, çапла ĕçлеме икĕ енĕ те кăмăл туни кирлĕ.

Совет Союзĕ техника енĕпе нумай çĕршывсене Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕ урлă та, икĕ енлĕ килĕшӳсем тăрăх та пулăшрĕ тата пулăшать те. Пурте пĕлеççĕ, ССР Союзĕ, çавăн пек пулăшу парса, хĕвеланăçĕнчи державăсем пек хăтланмарĕ—пулăшăва политика, çар тĕлĕшĕнчи мĕнле те пулин требованисемпе е пĕр-пĕр çĕршывăн суверенитетне пырса тивекен ытти требованисемпе нихçан та çыхăнтармарĕ.

Маларахра калани Пакистана та пĕтĕмпех пырса тивет.

**Ыйту:** Совет Союзĕпе Пакистан хушшинчи суту-илĕве вăйлатма мĕнле майсем пур?

Совет Союзĕ Пакистанран мĕнле таварсем туянасшăн пулĕччĕ-ши, вăл Пакистана мĕнле таварсем сутма пултарĕччĕ-ши тата тӳлевсен формисем мĕнле пулĕччĕç-ши?

**Ответ:** ССР Союзĕпе Пакистан хушшинчи суту-илӳ çыхăнăвĕсене сарса пыма чăн-чăн паха майсем пур.

Совет Союзĕ Пакистанри ялхуçалăх, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсене, çавăн пекех Пакистан сутма тăрăшакан ытти таварсене те туяпма пултарĕччĕ. Хăй енчен Совет Союзĕ Пакистана комплектлă промышленность оборудованийĕ, ялхуçалăх машинисемпе ытти машинăсем, тĕрлĕ промышленность таварĕсем тата Пакистан сутăн илме кăмăл тăвакан ытти таварсем те сутма хатĕр тăрать.

Çакна май Совет Союзĕпе Пакистан хушшинче суту-илӳ килĕшĕвĕ туни усăллă пулнă пулĕччĕ.

**Ыйту:** Совет Союзĕ атом энергийĕпе мирлĕ тĕллевсенче усă курас ĕçре хăй техника енĕпе пухнă пĕлӳсене Пакистана пама пултарать-и?

**Ответ:** Çапла, пултарать.

# К. Е. Ворошилов юлташ 75 çул тултарнă ятпа килнĕ саламлă телеграммăсем

Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Совет Президиумĕн Председательне

### Климент Ефремович ВОРОШИЛОВ юлташа

*Мускав*

Хисеплĕ Климент Ефремович!

Эсир 75 çул тултарнă май Сире чун-чĕререн сывлăх сунма тата тулли кăмăлтан саламлама ирĕк парсамăр.

Эсир, Ленинăн чи шанчăклă ученикĕ тата Сталинăн соратникĕ пулса, хăвăрăн пĕтĕм пурнăçа рабочи класăн революцилле идейисем çĕнтермелле тăвассишĕн кĕрешес ĕçе паратăр. Чехословаки халăхĕсем, пĕтĕм тĕнчери ытти халăхсем пекех, Эсир государство деятелĕн чаплă ĕçĕсене, халăхсем хушшинчи мирпе килĕштерсе ĕçлессине аталантарма пулăшакан ĕçсене, туса пынине хавасланса тата чун-чĕререн хисеплесе сăнаса тăраççĕ. Совет халăхĕн тата прогрессивлă мĕнпур этемлĕхĕн ырлăхĕшĕн ответлă та усăллă ĕçе малашне те нумай çулсем хушши туса пыма Сире, хаклă Климент Ефремович, пĕтĕм чун-чĕререн çирĕп сывлăх тата пултарулла вăй-хал сунатăп.

**АНТОНИН ЗАПОТОЦКИЙ,**
Чехословаки Республикин Президенчĕ.

СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Председательне

### Климент Ефремович ВОРОШИЛОВ юлташа

*Мускав, Кремль*

Эсир 75 çул тултарнă май эпĕ Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Аслă Халăх Пухăвĕн Президиумĕ ячĕпе Сире пĕтĕм чун-чĕререн хĕрӳллĕ саламлатăп, Сире, В. И. Ленинăн шанчăклă ученикне, И. В. Сталинăн çывăх соратникне тата государствăн паллă деятельне, коммунизм строительствин пархатарлă ĕçĕнче малашне те çитĕнӳсем тума, çавăн пекех ырă сывлăх тата нумай пурăнма ырă сунатăп.

Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Аслă Халăх Пухăвĕн Президиумĕн Председателĕ
**КИМ ДУ БОН.**

Пхеньян, 1956 çулхи февралĕн 3-мĕшĕ.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председательне

### Климент Ефремович ВОРОШИЛОВ юлташа

*Мускав*

Хисеплĕ Климент Ефремович, Эсир 75 çул тултарнă кун Сире хĕрӳллĕ салам калама тата чун-чĕререн ырă сунма ирĕк парсамăр. Сирĕн паттăрла пурнăçупа ĕçӳсем пирĕншĕн халăх ĕçне чун-чĕререн парăнса туса пынин паха примерĕ, марксизм-ленинизмăн пĕтĕмпех çĕнтерсе пыракан аслă идейисене парăнса тăнин тĕслĕхĕ пулса тăраççĕ. Хаклă Климент Ефремович, Сире пĕтĕм чун-чĕререн çирĕп сывлăх, нумай çулсем хушши пурăнма, аслă совет халăхĕн телейĕшĕн, Совет Союзĕпе Монголи хушшинчи никам аркатайми туслăх ырлăхĕшĕн, халăхсем хушшинчи мирпе туслăха аталантарас тата тĕреклетес интересcемшĕн тăрăшнă çĕрте малашне те пултарулла ĕçлеме ырă сунатăп.

**Ю. ЦЕДЕНБАЛ,**
Монголи Халăх Республикин Премьер-Министрĕ.

Улан-Батор, 1956 çулхи февралĕн 3-мĕшĕ.

Унăн Превосходительствине

### Маршал Климент ВОРОШИЛОВ господина

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председательне

*Мускав*

Эсир 75 çул тултарнă май Сирĕн Превосходительство эпĕ Сире хамăн ятăмпа, çавăн пекех Австри Республики ячĕпе, сывлăх тата Советлă Социализмлă Республикăсен Союзне чечекленсе пыма ырă суннине йышăнма ыйтатăп.

Федеральнăй Президент
**ТЕОДОР КЕРНЕР.**

Вена, 1956 çулхи февралĕн 4-мĕшĕ.

### Хисеплĕ ВОРОШИЛОВ юлташа

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председательне

Эсир çуралнăранпа 75 çул тултарнă май Сире Вьетнам халăхĕ, Демократиллĕ Вьетнам Республикин правительстви ячĕпе тата хамăртан чун-чĕререн хĕрӳллĕ салам калама ирĕк парсамăр.

Эпир Сире пĕтĕм чун-чĕререн çирĕп сывлăх сунатпăр, Эсир совет халăхне коммунизм строительствинче тата пĕтĕм тĕнчери мире сыхласа хăварассишĕн кĕрешес ĕçре ăнăçлă ертсе пыма пултартăр тесе Сире нумай çулсем хушши пурăнма ырă сунатпăр.

**ХО ШИ МИН,**
Демократиллĕ Вьетнам Республикин Президенчĕ.
**ТОН ДЫК ТХАНГ,**
Демократиллĕ Вьетнам Республикин Наци пухăвĕн Ялании Комитечĕн Председателĕ.

Унăн Превосходительствине

### К. Е. ВОРОШИЛОВ господина

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председательне

*Мускав*

Эсир 75 çул тултарнă кун Сирĕнтен, Председатель господин, Финлянди халăхĕ тата эпĕ чун-чĕререн кăмăлласа саламланине йышăнма ыйтатăп. Хăвăрăн аслă Тăван çĕршыври халăхсен ырлăхĕшĕн тата пĕтĕм тĕнчери халăхсем хушшинчи мире тĕреклетессишĕн тăрăшса нумай çулсем хушши ăнăçлă ĕçлеме Сире ырă сывлăх тата вăй-хал сунатăп.

**Ю. К. ПААСИКИВИ,**
Финлянди Республикин Президенчĕ.

Хельсинки, 1956 çулхи февралĕн 4-мĕшĕ.

Унăн Превосходительствине

### К. Е. ВОРОШИЛОВ господина

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председательне

*Мускав*

Эсир 75 çул тултарнă май Сире, Председатель господин, Финлянди правительствинчен тата манран хĕрӳллĕ салам йышăнма ыйтатăп. Совет халăхĕн ырлăхĕшĕн тата тĕнчери мир интересĕсемшĕн Совет Союзĕпе Финлянди хушшинчи туслăха тĕреклетессишĕн тăрăшса ĕçленĕ çĕрте малашне те çитĕнӳсем туса пыма Сире çирĕп сывлăх сунатпăр.

**УРХО КЕККОНЕН,**
Финлянди Премьер-Министрĕ.

Хельсинки хули.

* * *

ССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. Е. Ворошилов юлташ 75 çул тултарнă ятпа урăх çĕршывсенчен, халиччен пичетленнисемсĕр пуçне, çакăн пек саламлă телеграммăсем килнĕ:

Румынири рабочи партин Центральнăй Комитетĕнчен, Румыни Халăх Республикин Министрĕсен Советĕнчен, Румыни Халăх Республикин Аслă Наци Пухăвĕн Президиумĕнчен;

Болгари Халăх Республикин Халăх Пухăвĕн Президиумĕнчен, Болгарин Министрĕсен Советĕнчен тата Болгарири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетĕнчен;

Монголи Халăх Республикин Аслă Халăх Хурал Президиумĕнчен, Монголи Халăх Республикин Министрĕсен Советĕнчен тата Монголири халăхăн революцилле партийĕн Центральнăй Комитетĕнчен;

Венгрири ĕççыннисен партийĕн Центральнăй Комитетĕнчен;

Польшăри Пĕрлештернĕ рабочи партин Центральнăй Комитетĕнчен;

Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетĕнчен;

Германири Социалистсен Пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитетĕнчен;

Корейăри Ĕçлĕх партийĕн Центральнăй Комитетĕнчен;

Австрири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетĕнчен;

Финляндири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетĕнчен;

Израильри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетĕнчен;

Аргентинăри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетĕнчен;

Албанири Ĕçлĕх партийĕн Центральнăй Комитетĕнчен, Албани Халăх Республикин Халăх Пухăвĕн Президиумĕнчен, Албани Халăх Республикин Министрĕсен Советĕнчен;

Демократиллĕ Германи Республикин Халăх Палатин Президиумĕнчен;

Демократиллĕ Германи Республикин Министрĕсен Советĕнчен.

# КПСС XX-мĕш СЪЕЗЧĔ УМĔН



И. М. Тухлин, Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхозри сурăх ферми заведующийĕ,—«Республикăри чи лайăх сурăх фермин заведующийĕ» ятне илнисенчен пĕри. Вăл ертсе пыракан ферма иртнĕ çул кашни 100 гектар çĕр пуçне 41,3 килограмм çăм илнĕ.

## Государствăна—сысна ашĕ

ТĂВАЙ. КПСС XX-мĕш съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне Молотов ячĕпе тăракан колхозри пур бригадăсемпе фермăсенче те тĕплĕн сӳтсе явассĕ.

— Директивăсен проекчĕ пире Тăван çĕршывăмăр валли ытларах та ытларах ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлесе пама хавхалантарать,—терĕ вырăх-чĕрлĕх пăхакансен пухăвĕнче сысна ферми заведующийĕ Д. Михайлов зоотехник.—Эпир сысна ашĕ ытларах хатĕрлессишĕн мĕн кирлине пурне те тума тăрăшатпăр.

Съезд умĕнхи вăхăтра колхоз государствăна 35 центнер сысна ашĕ сутрĕ. Халĕ тата 79 сысна самăртма хупнă. Сыснасене пăхас ĕçе кунта лайăх йĕркеленĕ. Вĕсене комбикорм, силос, çĕрулми тата ытти апатсем те çитерессĕ. Самăртма хупнă сыснасен чĕрĕ виçи талăкра вăтам шутпа 500-шер грамм таран хутшăнса пырать. Т. Спиридонова свинарка пăхакан сыснасен чĕрĕ виçи вара 600—670-шер грамм таранччен хутшăнать.

Государствăна сутмалли сыснасене лайăх пăхса самăртнăшăн свинаркăсене ĕçшĕн хушса тӳлессĕ. Государствăна панă кашни 100 килограмм сысна ашĕ пуçне 3-шер килограмм аш хушса тӳлемелле тунă.

Г. МАТВЕЕВ.

## Срокчен тӳлессĕ

ЭЛĔК, февралĕн 2-мĕшĕ. (Телефонпа). Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ 1956—1960 çулсенчи улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсемпе хавхаланса, районти ĕçсыннисем 1956 çулхи ялхуçалăх налогне срокчен тӳлесе татма тăрăшассĕ. Февралĕн 2-мĕшĕ тĕлне район пĕрремĕш кварталта ялхуçалăх налогĕн укçине пухмалли плана 125 процент тултарчĕ.

Государство умĕнчи укçа-тенкĕ парăмĕсене тӳлесе татас енĕпе Писĕп ял Совечĕ малта пырать. Пĕрремĕш кварталта налог укçи пухмалли плана кунта январĕн 25-мĕшĕ тĕлне 220 процент тултарчĕç.

И. ПЛОТНИКОВ.
Районти финанс пайĕн заведующийĕ.

## Пултарулла коллектив

### Электроаппаратура завочĕн çитĕнĕвĕсем

Шупашкарти электроаппаратура завочĕ пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра продукци туса кăларассине 3,1 хут, ĕç тухăçлăхне 2,6 хут ӳстерчĕ. Завод Тăван çĕршыва пилĕк çуллăх планран ирттерсе вуншар миллион тенкĕлĕх продукци пачĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн июльти Пленумĕ йышăннă постановлени завод коллективĕн политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхне тата ытларах вăйлатрĕ. Цехсенче, участоксенче çĕнĕ техникăпа, наукăпа техникăн çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе усă курассишĕн, талăкри график тăрăх ĕçлессишĕн социализмла ăмăрту анлăн саралчĕ.

Завод коллективĕ тăтăшах технологи процесĕсене çĕнетсе урăхлатма, производствăна лайăхлатма тăрăшать. 1955 çулта 37 технологи процесне тĕрĕслесе тухнă, çĕнĕ технологи туса пурнăçа кĕртвĕ, алă вĕççĕн тăвакан ĕçсене чылай механизациленĕ, тухăçлăрах станоксемпе машинăсем вырнаçтарса лартнă. Производство çурчĕсемпе лайăхрах усă курас тĕллевпе чылай участоксемпе цехсенче хăшпĕр оборудование, çĕнĕ технологи процесĕпе çыхăнтарса, куçарса лартнă. Юлашки вăхăтра заводра поток меслечĕпе ытларах усă курма тытăнчĕç. Пĕлтĕр сериллĕ изделисем пухмалли конвейерсен хисеĕ темиçе хут ӳсрĕ.

Заводра производство культури çултан-çул ӳсет. Хăна пур цехсем те талăкри график тăрăх ĕçлениччен, рационализаторла сĕнӳсем пурнăçа нумай кĕртниччен курма пулать. График тăрăх ĕçлесси йăлана кĕрсе пырать, малта пыракан участоксенче сехет графикĕ тăрăх ĕçлессĕ. Уйрăмах рационализаторсемпе изобретательсен творчествăлла активлăхĕ ӳснине палăртас пулать. Пысăкрах ыйтусене татса пама производство новаторĕсем, инженерсемпе техниксем ятарласа бригадăсем, ушкăнсем тăвассĕ. Туслă çыхăну, пĕр-пĕрне юлташла пулăшни пысăк усă парать. Пĕлтĕр рационализаторла сĕнӳсене пурнăçа кĕртни, техникăна çĕнетсе лайăхлатни завода пĕр миллион та 14 пин тенкĕ перекетлеме май пачĕ.

Сĕршер рабочи пилĕк çуллăхри тата иртнĕ çулхи нормăсене иртерсе тултарчĕç. Чи паллă новаторсене, рационализаторсене электротехника промышленноçĕн ытти предприятийĕсенче те пĕлессĕ.

1955 çулта государство завода Куйбышев гидроэлектростанцийĕ тата ытти пысăк элекростанцисем валли, Куйбышевпа Мускав хушшинчи электричество паракан линии валли, Мускав энергообъединенийĕ валли халиччен пулман оборудовани туса хатĕрлеме задани пачĕ. Заводри конструкторсемпе исследовательсем, тĕпчев институчĕсемпе тата лабораторисемпе пĕрле, правительствăн ответлă заданине чыслăн пурнăçларĕç. Кунсăр пуçне завод туса кăларакан чылай электроаппаратсен конструкцийĕсене çĕнетнĕ, çавна май вĕсен пахалăхне, чăтăмлăхне хăпартнă. Çĕнĕ йышши, пахарах контакторсем, реле т. ыт. те тăвас тĕлĕшпе те чылай ĕçсем туса иртернĕ.

Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕкçуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче электростанцисенче, домна тата мартен кăмакисенче, шахтăсемпе рудниксенче тата ыттисенче те производство процесне тата агрегатсем мĕнле ĕçленине тĕрĕслес ĕçе автоматизацилеме палăртнă. Çакна пурнăçлама пирĕн завод туса кăларакан продукци те каять. Çавăнпа завод коллективĕ производство планне уйăхран уйăха иртерсе тултарма, продукци пахалăхне лайăхлатма, унăн хăйне ларакан хакне йӳнетме тăрăшать.

1955 çулта завод производство планне чылай иртерсе тултарчĕ, ĕç тухăçлăхне 14,3 процент ӳстерчĕ. Производство планне иртерсе тултарни, ĕç тухăçлăхне ӳстерни, çĕнĕ техникăпа туллин усă курни, перекетлĕхшĕн кĕрешни завода продукцин хăйне ларакан хакне 12,2 процент вырăнне 15,7 процент йӳнетме май пачĕç. Туса кăларнă продукцин кашни пĕр пин тенкĕ пуçне завод чĕртаварсемпе материалсем нормăпа палăртниччен 7 тенкĕлĕх, ĕç укçи 28 тенкĕ сахалтарах расходланă. Завод пĕтĕмпе темиçе миллион тенкĕлĕх материалсем тата ĕç укçи перекетлерĕ. 1955 çулта вăл пурĕ 27,7 миллион тенкĕ, вăл шутра 3,3 миллион тенкĕ планран иртерсе таса тупăш турĕ.

Иртнĕ пилĕкçуллăхра СССР Электротехника промышленность министерствипе ВЦСПС коллективăн пархатарлă ĕçне темиçе хут та пысăка хурса хакларĕç, СССР Министрĕсен Совечĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне тата пысăк премисем пачĕç. 1955 çулхи IV кварталта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсем тăрăх, СССР Министрĕсен Совечĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне каллех заводра хăвармалла тунă. Çапла ĕнтĕ, завод ку ялава виçĕ çул хушши пĕр вĕçĕмсĕр хăй аллинче тытать.

Заводра усă курман резервсемпе çитменлĕхсем те пур-ха. Хăшпĕр цехсемпе участоксенче станоксен хăвачĕпе туллин усă курмассĕ, техника тĕлĕшĕнчен тĕрĕс йĕркеленĕ ĕç нормисем сахал, хăшпĕр цехсенче социализмла ăмăртăва ертсе пырас ĕçри формализма пĕтермен, хуçалăх расчетне çирĕппĕн пурнăçламан фактсем тĕл пулассĕ. Завод коллективĕ, парторганизаци ертсе пынипе, асăннă çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерме, улттăмĕш пилĕкçуллăхра лайăхрах ĕçлеме тăрăшать.

Завод улттăмĕш пилĕкçуллăх планĕн проектне туса хатĕрлерĕ. Çак ĕçе малта пыракан рабочисем, инженерсемпе техниксем, мастерсем активлă хутшăнчĕç. Пилĕкçуллăхра продукци туса кăларасси пĕтĕмпе икĕ хута яхăн, хăшпĕр изделисем туса кăларасси тата ытларах ӳсет. Çакна пирĕн коллектив производство çурчĕсем çĕнĕрен лартнипе мар, пуринчен ытларах ĕç тухăçлăхне ӳстернипе, шалти резервсемпе туллинрех усă курнипе пурнăçлама шутлать.

Директивăсен проекчĕ заводри рабочисен, инженерсемпе техниксен, служащисен политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхне тата ытларах вăйлатрĕ. Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ ячĕпе завод коллективĕ, Мускаври малта пыракан предприятисен примерĕпе, çĕнĕ обязательство йышăнчĕ, продукци туса кăлармалли икĕ уйăхри плана февралĕн 26-мĕшĕ тĕлне тултарма, шалти резервсемпе лайăхрах усă курма, продукци пахалăхне лайăхлатма, унăн хăйне ларакан хакне йӳнетме, çĕнĕ йышши аппаратсем туса кăларма хăнăхса çитме пулчĕ.

Коллектив хăйĕн обязательствине чыслăн пурнăçлать. Завод иртнĕ уйăхри пысăклатнă плана иртерсе тултарчĕ, çапла вара, пĕлтĕрхи çитĕнӳсене çирĕплетсе, çĕнĕ ӳсĕм турĕ. Çак уйăхра рабочисем пысăк çĕкленӳпе ĕçлессĕ. Цехсенче, участоксенче, бригадăсенче КПСС XX-мĕш съезчĕ уçăлнă куна производствăра çĕнĕ çитĕнӳсемпе кĕтсе илессишĕн кĕрешӳ вăйлансах пырать.

С. ФЕДИН.
Заводри планпа производство пайĕн начальникĕ.



Шупашкарти трактор пайĕсем тăвакан завод строительствинчи А. Д. Мальков юлташ ертсе пыракан каменщиксен бригади (бригадăра 15 çын) кашни уйăхрах производство планне иртерсе тултарать.

Ӳкерчĕк çинче: каменщиксен бригадин бригадирĕ А. Д. Мальков.

Г. Зиньков фотоӳкерчĕкĕ.

*Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе*

*Облпрофсоветра*

### ЯЛ СОВЕЧĔСЕН 1955 ÇУЛХИ IV-мĕш КВАРТАЛТИ СОЦИАЛИЗМЛА ĂМĂРТĂВĔН ИТОГĔСЕМ ÇИНЧЕН

Ял Советĕсен 1955 çулхи IV-мĕш кварталти социализмла ăмăртăвĕн итогĕсене пăхса тухса, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Облпрофсовет çапла йышăннă:

Ял Советĕсен социализмла ăмăртăвĕнче çак ял Советĕсем мала тухнине палăртнă:

Елчĕк районĕнчи Аслă Пăла Тимеш ял Совечĕ,

Вăрнар районĕнчи Хапăс ял Совечĕ,

Çĕрпӳ районĕнчи Анатри Кипекçе ял Совечĕ.

Çак ял Советĕсен лайăх ĕçне палăртнă:

Вăрмар районĕнчи Кивĕ Вăрмар ял Совечĕ,

Вăрнар районĕнчи Упнер ял Совечĕ,

Вăрнар районĕнчи Çĕрпел ял Совечĕ.

1956 çулхи халăх хуçалăх планне ăнăçлă пурнăçлассишĕн пыракан республикăри ял Советĕсен социализмла ăмăртăвне малалла тăснă. Чăваш АССР-ĕнчи ял Советĕсен социализмла ăмăртăвĕн условийĕсем кăçал та 1955 çулхи пекех пулассĕ.

Тĕштырă тата вырăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине ӳстерес тĕлĕшпе КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕ йышăннă решенисене пурнăçлассишĕн, çавăн пекех ĕçсыннисен культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерессине лайăхлатассишĕн кĕрешме ял Советĕн социализмла обязательствăсем йышăнмалла, вĕсене çак ĕçре райисполкомсемпе госучреждени работникĕсен союзĕн райкомĕсен пулăшмалла.

## Панă сăмаха пурнăçлассĕ

Йĕпрес вăрманпромхозĕн коллективĕ КПСС XX-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне икĕ уйăхри плана тултарма социализмла обязательство йышăнчĕ. Коллектив хăйĕн сăмахне чыслăн пурнăçлать. Январь уйăхĕнче вăрманпромхоз планран иртерсе 3 пин кубометр йывăç турттарса кăларчĕ, çак уйăхра та ăнăçлă ĕçлет.

Юлашки вăхăтра вăрманпромхоз 14 «МАЗ-200» автомашина туянчĕ. Малта пыракан шоферсем прицепсемпе усă курассĕ, куллен 20—25 кубометр сыпăламан йывăç турттарса кăларассĕ.

# Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкин участникĕсене наградăсемпе премисем пани

(Малалли. Пуçламăшĕ «Коммунизм ялавĕ» хаçатăн 27-мĕш номерĕнче).

### УЛАТĂР РАЙОНĔ ТĂРĂХ

6. Колхозри Р. И. Куликова дояркăна хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 3.143 килограмм сĕт суса илнĕшĕн—Пысăк кĕмĕл медаль тата велосипед.
7. Колхозри Н. И. Смирнова дояркăна хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 3.585 килограмм сĕт суса илнĕшĕн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.
8. П. А. Назаров кĕтӳçе, вăл пăхакан кĕтӳри кашни ĕнерен вăтам шутпа 3.100 килограмм сĕт суса илнĕшĕн,—Пысăк кĕмĕл медаль.
9. А. И. Климов кĕтӳçе, вăл пăхакан кĕтӳри кашни ĕнерен вăтам шутпа 3.100 килограмм сĕт суса илнĕшĕн,—Пысăк кĕмĕл медаль.
10. Н. М. Злобина телятницăна хăйне çирĕплетсе панă 36 пăрăвăн кашнин чĕрĕ виçине ултă уйăха çитиччен талăкра 925-шер грамм хутшăнтарса пынăшăн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.
11. «Красная звезда» колхозăн звеньевойне М. И. Юткинăна, вăл ертсе пыракан звено кашни гектартан вăтам шутпа 7,3 центнер йĕтĕн сӳсĕ туса илнĕшĕн,—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.
12. Улатăр МТС-ĕн трактористне Г. К. Савельева «АТ-7» машинăпа 95,5 гектар çинчи йĕтĕне 12 кун хушшинче пухса кĕртнĕшĕн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

### ЧКАЛОВСКИ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

1. «Гвардеец» колхоза вырăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре ӳсĕмсем тунăшăн тата вырăх апачĕ тумалли культурăсен тухăçлăхне ӳстернĕшĕн—киноустановка.
2. «Гвардеец» колхоз председательне М. Г. Долгова—радиоприемник.
3. Колхоз агрономне А. Е. Ефимова—сехет.
4. Колхоз председателĕн заместительне Н. А. Рыбакова—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.
5. Ĕне фермин бригадирне В. С. Зайцева, вăл ертсе пыракан фермăра кашни ĕнерен вăтам шутпа 2.595 килограмм сĕт суса илнĕшĕн,—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.
6. Р. П. Кузнецова дояркăна хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен вăтам шутпа 2.603 килограмм сĕт суса илнĕшĕн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.
7. П. В. Заплаткина дояркăна хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен вăтам шутпа 2.689 килограмм сĕт суса илнĕшĕн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.
8. П. И. Мулюков полевода—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

### ЭЛĔК РАЙОНĔ ТĂРĂХ

1. «Правда» колхоза кашни гектартан 12,46 центнер кантăр вăрри, 196 центнер çĕрулми, 512 центнер вырăх кăшманĕ туса илнĕшĕн тата улăх-çарансемпе кĕтӳ çӳретмелли вырăнсен кашни 100 гектарĕ пуçне 62 килограмм çăм, акăнакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 11,2 центнер сысна ашĕ илнĕшĕн—II-мĕш степеньлĕ диплом.
2. «Правда» колхоз председательне С. А. Шлябина—Пысăк кĕмĕл медаль тата радиоприемник.
3. Колхоз агрономне И. В. Яхварова—Пысăк кĕмĕл медаль тата сехет.
4. Колхозри уй-хир бригадирне Г. Е. Ефимова, вăл ертсе пыракан бригада кашни гектартан 14,08 центнер кантăр вăрри пухса кĕртнĕшĕн,—Пысăк кĕмĕл медаль тата радиоприемник.
5. Колхозри уй хир бригадирне Т. И. Кузнецова, вăл ертсе пыракан бригада кашни гектартан 13,57 центнер кантăр вăрри пухса кĕртнĕшĕн,—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.
6. Шверник ячĕпе тăракан колхозри Е. М. Смирнова свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă кашни сысна аминчен вăтам шутпа 25,1 çура илсе пăхса ӳстернĕшĕн—Пысăк кĕмĕл медаль тата çĕвĕ çĕлемелли машина.
7. «30 лет Чувашии» колхозри пурçăн хурчĕ ĕрчетес енĕпе ĕçлекен бригадăн бригадирне Н. Ф. Федорова пĕр килограмм гренăран 526 килограмм кокон туса илнĕшĕн — Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

### ÇĔРПӲ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

1. Мичурин ячĕпе тăракан колхоза кашни гектартан вăтам шутпа 200 центнер çĕрулми, 6,5 центнер кантăр вăрри туса илнĕшĕн, акăнакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 9,9 центнер сысна ашĕ тата 2.572 çăмарта илнĕшĕн—II-мĕш степеньлĕ диплом.
2. Хрущев ячĕпе тăракан колхоза кашни гектартан вăтам шутпа 202 центнер çĕрулми, 9,58 центнер кантăр вăрри, 34,5 центнер пĕр çул ӳсекен курăксен вăрлăхне туса илнĕшĕн, акăнакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 22,2 центнер сысна ашĕ тата 2.483 çăмарта илнĕшĕн—автопоилка.
3. Хрущев ячĕпе тăракан колхоз председательне И. В. Васильева—сехет.
4. Колхоз агрономне Ф. П. Павлова—сехет.
5. Колхозри вырăх апачĕ хатĕрлес енĕпе ĕçлекен бригадăн звеньевойне Л. В. Владимирова, вăл ертсе пыракан звено кашни гектартан тымарçимĕç 850 центнер, кукуруза симĕс масси 667 центнер, кантăр вăрри 14,2 центнер пухса кĕртнĕшĕн,—Пĕчĕк кĕмĕл медаль тата сехет.
6. Чăваш государство селекци станцийĕнчи А. Е. Ефимова дояркăна хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен вăтам шутпа 4.287 килограмм сĕт суса илнĕшĕн—Пĕчĕк ылтăн медаль тата çĕвĕ çĕлемелли машина.
7. Чăваш государство селекци станцийĕнчи А. В. Ванифатьева дояркăна хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 4.053 килограмм сĕт суса илнĕшĕн—Пысăк кĕмĕл медаль тата çĕвĕ çĕлемелли машина.
8. Чăваш государство селекци станцийĕнчи А. Г. Григорьева дояркăна хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен вăтам шутпа 4.135 килограмм сĕт суса илнĕшĕн—Пысăк кĕмĕл медаль тата çĕвĕ çĕлемелли машина.

### МУРКАШ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

1. Сталин ячĕпе тăракан колхоза вырăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре ӳсĕмсем тунăшăн—киноустановка.
2. Сталин ячĕпе тăракан колхоз председательне Е. А. Андреева—мотоцикл.
3. Колхозри парторганизаци секретарьне З. М. Магаева—сехет.
4. Колхозри сысна фермин заведующине И. С. Огурпова, вăл ертсе пыракан фермăра кашни амаран вăтам шутпа 22,8 çура тата акăнакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 24 центнер сысна ашĕ илнĕшĕн,—Пысăк кĕмĕл медаль.
5. Колхозри ĕне фермин заведующине П. П. Онькова, вăл ертсе пыракан фермăра кашни ĕнерен вăтам шутпа 2.195 килограмм сĕт илнĕшĕн, кашни 100 ĕне пуçне 99,5 пăру пăхса ӳстернĕшĕн тата вĕсен чĕрĕ виçине ултă уйăха çитиччен талăкра 600-шер грамм хутшăнтарса пынăшăн—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.
6. «Сталинец» колхоза сысна тата чăх-чĕп ĕрчетес ĕçре ӳсĕмсем тунăшăн—киноустановка.
7. «Сталинец» колхоз председательне В. И. Мартынова—Пысăк кĕмĕл медаль.
8. Колхоз зоотехникне П. А. Анисова—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.
9. Колхозри сысна фермин заведующине И. А. Донскова, вăл ертсе пыракан фермăра кашни амаран вăтам шутпа 18,4 çура пăхса ӳстернĕшĕн тата акăнакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 18,3 центнер сысна ашĕ илнĕшĕн,—Пĕчĕк кĕмĕл медаль.

(Малалли пулать).

# Ял Совечĕсене ертсе пырассине лайăхлатмалла

Государство управленийĕн ленинла принципĕсене çирĕп пурнăçласа пырас, промышленноçпа ялхуçалăхне тата культура строительствине ертсе пырассине вăйлатас тĕлĕшпе тăракан задачăсем вырăнти Советсен ĕçĕсене пĕрмаях лайăхлатса пыма хушассĕ. Вĕсем нумай енлĕ те пысăк ĕçсене пурнăçлассĕ—республикăри хуласенчи, районсенчи, ялсенчи хуçалăхпа культурăн тĕрлĕ отраслĕсене ертсе пырассĕ. Вĕсен вырăнти промышленноçпа транспорт, строительствăпа благоустройство ĕçне, медицина учрежденийĕсен, суту-илӳ предприятийĕсемпе шкулсен ĕçне лайăхлатмалла, халăхăн культурăпа йăла тĕлĕшĕнчи ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерме тăрăшмалла.

Организацилле-массăлла ĕçсем çине Советсен уйрăмах тимлĕ пăхмалла, хăйсен ларăвĕсенче пăхса тухакан ыйтусене ушкăнпа сӳтсе явмалла, кулленхи ĕçе яланхи комиссисемпе депутатсене активлă хутшăнтармалла, сессисене лайăх хатĕрленсе иртермелле. Çаксем вĕсем ĕçĕн ăнăçлăхне татса паракан ыйтусем пулса тăрассĕ.

Партипе правительство хуçалăхпа культура строительствине ертсе пырас ĕçĕн меслечĕсене улăштарса çĕнетме, пĕрмаях лайăхлатса пыма хушассĕ. Çак кăтартăва пурнăçласа, пирĕн республикăри ĕçсыннин депутачĕсен Совечĕсем нумайăшĕ организацилле-массăлла ĕçсене лайăхлатрĕç, хăйсене пăхăнса тăракан предприятисен тата колхозсемпе машина-трактор станцийĕсен ĕçĕсемпе тĕплĕрех интересленме тытăнчĕç. Чылай районсемпе хуласен тата ял Совечĕсен сессийĕсем Чăваш АССР Конституцийĕнче кăтартса панă срокчен пулса иртессĕ. Сессисенче хуçалăхпа культура строительстви пысăк та сывăх вăхăтра татса памалли ыйтăвĕсене сӳтсе явассĕ. Вĕсене чылай чухне тĕплĕн хатĕрленсе иртерессĕ.

Райсовет исполкомĕсем ял Совечĕсене ертсе пырас ĕçе хăшпĕр таран лайăхлатрĕç. Совет органĕсен работникĕсем, ял Совечĕсенче час-часах пулса, вĕсене тивĕçлĕ пулăшу парассĕ. Çакă вăл çитĕнӳсем тума пулăшать. Ку тĕлĕшпе, сăмахран, Вăрнар райсовет исполкомне (исполком председателĕ А. Иванов юлташ) илсе кăтартма пулать. Çак райсовет исполкомĕ депутатсемпе, колхозниксемпе тачă çыхăну тытать. Ку вăл хăшпĕр çитĕнӳсем тума пулăшрĕ. Обществăлла вырăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана район мĕнпур вырăхсем енĕпе тултарнă, вĕсен тухăçлăхне ӳстернĕ. Районти колхозсем иртнĕ çулта тухăçлă тырпул пухса кĕртрĕç, государствăна тырă памалли плана срокчен тултарчĕç, ситеĕклĕ чухлĕ вăрлăх хывса хăварчĕç. Район бюджетне тупăшсем енĕпе те, расходсем енĕпе те ăнăçлă пурнăçланă.

Елчĕк, Чурачăк, Çĕрпӳ, Шăхасан райсовечĕсен исполкомĕсем те ял Совечĕсене ертсе пырасси çине тимлĕрех пăхма пуçларĕç. Сăмахран, Чурачăк район Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕнче ял Совечĕсен организацилле-массăлла ĕçĕсене лайăхлатасси çинчен сӳтсе явнă. Унта, район Совечĕн депутачĕсемсĕр пуçне, райсовет исполком пайĕсен заведующийĕсем, ял Совет председателĕсем, яланхи комиссисен председателĕсем пулнă. Сесси райсоветпа ял Совечĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтермелли майсене кăтартса панă. Çакăн хыççăн ял Совечĕсене ертсе пырасси палăрмаллах лайăхланнă.

Шăхасан районĕнчи Ухман ял Совечĕ колхозсене тĕрĕс ертсе пырать. Ял Совет председателĕ П. Осипов юлташ бригадăсемпе колхозсенче тăтăшах пулать. Пĕррехинче, акă, Киров ячĕпе, Ленин ячĕпе тăракан, «Победа» колхозсенче вырăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ чакни палăрнă. Депутатсем ыйтнипе фермăсенче ĕçсем мĕнле пулса пыни çинчен ял Совет сессийĕнче сӳтсе явнă. Депутатсем колхоз правленийĕсене вырăх-чĕрлĕх фермисене хĕле япăх хатĕрленĕшĕн хытă критикленĕ, çитменлĕхсене хăвăрт пĕтермелли майсене кăтартса панă. Сесси хыççăн яланхи ялхуçалăх комиссийĕ вырăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекенсене пухнă та вĕсене сесси йышăннă решенипе паллаштарнă. Çакăн хыççăн унччен пулнă çитменлĕхсене часах пĕтернĕ: вырăх витисене ăшăтнă, вырăхсене тăрантарассине лайăхлатнă. Сĕт суса илесси палăрмаллах ӳснĕ.

Республикăри ытти нумай ял Совечĕсем те хăйсен умĕнче тăракан задачăсене ăнăçлă пурнăçласа пырассĕ.

Çапах та пур райсовет исполкомĕсем те ял Совечĕсене конкретлă ертсе пырассĕ, ĕçлĕ пулăшу парассĕ теме çук-ха. Вĕсенчен нумайăшĕ халлĕхе колхозсен, культурăпа сутĕç учрежденийĕсен ĕçĕсене лайăхлатассишĕн кирлĕ пек тăрăшмассĕ, ялти халăхăн куллен ӳссе пыракан ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерессишĕн кĕрешмессĕ.

Акă, Сĕнтĕр районĕнчи нумай ял Совечĕсем хăйсен ĕçне сӳрĕк туса пырассĕ. Район Совечĕн исполкомĕ канцеляриренех ертсе пырас юрăхсăр меслетрен халĕ те хăтăлса çитеймен-ха. Кунта, ĕлĕкхи пекех, ларусем ытларах иртерме тăрăшассĕ. Иртнĕ çулта, план тăрăх, райсовет исполкомĕн 24 ларăвне иртермелле пулнă: тĕрĕссипе вара 39 лару иртернĕ, унта пĕтĕмпе 416 ыйту пăхса тухма «ĕлкĕрнĕ». Ларусен нумай иртерни, паллах ĕнтĕ, усă çителĕклĕ парайман. Ахальтен мар ĕнтĕ районта организацилле-массăлла ĕçсем япăхса кайнă, депутатсем суйлавçăсене отчетсем туса памассĕ.

Райисполком руководителĕсем ял Совечĕсен ĕçне тăтăшах тĕрĕслеме, вĕсене пулăшма, малта пыракансен опытне сарма тивĕç. Анчах нумай çĕрте — Етĕрне, Шăмăршă, Ишлей районĕсенчи чылай ял Совечĕсен ĕçĕнче—çавна курма çук.

Чылай ял Совечĕсенче сессисем пухмалли срокcене пăхăнмассĕ. Сăмахран, 1955 çулта Етĕрне районĕнчи 12 ял Советĕнчен вуннăшĕ сессисене вăхăтра иртермен. Сесси пухмалли срокcене пăхăнман ял Совечĕсем Ишлей районĕнче—вуннă, Шăмăршă районĕнче—çиччĕ шутланассĕ.

Ял Совечĕсене ертсе пырасси—райсовет исполкомĕсен питĕ пысăк та тӳрремĕнех пурнăçламалли задачи. Совет строительствин практики çав задачăна пурнăçлас ĕçри формăсемпе меслетсене тĕплĕн кăтартса парать.

Оперативлă ертсе пырас тесен, чи малтанах, вырăнта ĕçсем мĕнле пулса пынине тĕплĕ пĕлни кирлĕ. Çавăнпа та райсовет исполкомĕн членĕсен ялсенче тăтăшах пулмалла, кашни ял Совечĕн, колхозăн, предприятин ĕçĕсемпе паллашмалла, çавна май çитменлĕхсене пĕтерсе пымалла.

Ял Совечĕсене пулăшас тĕлĕшпе вĕсене организацилле-массăлла ĕç ыйтăвĕсем тăрăх инструктаж пани пысăк вырăн йышăнать. Çапла туни кадрсене вĕрентсе воспитани пама пулăшать. Çавăн пекех тата ял Совечĕсен председателĕсемпе секретарĕсен семинарĕсене тăтăшах иртерни кирлĕ. Вĕсем ял Совет работникĕсен идейăлла-теорилле пĕлĕвĕсене, ĕç квалификацине ӳстерме пулăшассĕ.

Ку тĕлĕшпе Елчĕк райсовет исполкомĕ паха тĕслĕх кăтартать. Кунта тăтăшах иртерекен семинарсенче совет законĕсем, центрти тата вырăнти партипе государство органĕсен решенийĕсем çинчен ăнлантарассĕ, çав решенисене пурнăçлама конкретлă мероприятисем палăртса хурассĕ, Советсен организацилле-массăлла ĕç ыйтăвĕсене, социализмла законлăха çирĕплетес задачăпа çыхăннă ыйтусене пăхса тухассĕ.

Ял Совечĕсен ĕçĕсем çинчен райсовет исполкомĕн ларăвĕсенче е Совет сессийĕсенче сӳтсе явни те усăллă. Паллах ĕнтĕ, ун пек чухне ял Совечĕсен ĕçне малтанах тĕрĕслени кирлĕ. Акă, сăмахран, Элĕк, Ишлей, Хĕрлĕ Чутай, Сĕнтĕрвăрри, Октябрьски, Вăрмар, Çĕрпӳ тата Чурачăк район Совечĕсен сессийĕсенче ял Советсен отчечĕсене сӳтсе явнă.

Йышăннă решенисене мĕнле пурнăçланине тĕрĕслесси райсовет исполкомĕсен ĕçĕнче уйрăмах пысăк вырăн йышăнмалла. Çак ĕçе райсовет исполкомĕн руководителĕсем хăйсем, урăхла каласан, исполком председателĕ, унăн заместителĕпе секретарĕ туса пыма тивĕç.

Советсемпе исполкомсем йышăннă решенисене мĕнле пурнăçланине тĕрĕслес ĕçе яланхи комиссисене анлăн хутшăнтарас пулать. Комисси членĕсем тĕрĕслесе çырса панă материалсене Совета памалла е вĕсене исполком ларăвĕнче сӳтсе явмалла. Акă, сăмахран, иртнĕ çулта Хĕрлĕ Чутай райсоветăн яланхи комиссийĕсем пĕтĕмпе 15 тĕрĕслӳ материалĕ тăратнă. Комисси членĕсем çав материалсем тăрăх докладсем туса панă.

Çапла ĕнтĕ, ял Совет руководителĕсене тăтăшах инструктаж парса тăмалла, вĕсен отчечĕсене исполком ларăвĕсенче е райсовет сессийĕсенче сӳтсе явмалла, малта пыракан ял Совечĕсен ĕçне пĕтĕçтерсе сармалла, йышăннă решенисене мĕнле пурнăçланине тĕрĕслемелле.

Райсовет исполкомĕсем ял Совечĕсене ытларах пулăшмалла. Кунта сăмах ял Совечĕсенче ĕçлĕ хутсене мĕнле çырнине тĕрĕслесси çинчен мар, вĕсем колхозлă ялсенчи ĕçсыннисем хушшинчи организаципе воспитани ĕçĕсене мĕнле туса пынине тĕрĕслесси çинчен пырать. Кирлĕ чухне вĕсене çав ĕçсене пурнăçлама пулăшакан усăллăрах та витĕмлĕрех формăсемпе меслетсене вĕрентмелле.

Паллах ĕнтĕ, ял Совечĕ умĕнче тăракан задачăсем нумай, анчах колхоз пурнăçĕнчи пысăкрах задачисем çине нимрен ытла тимлĕрех пăхни кирлĕ. Ял Совет, депутатсемпе активăн вăйĕсене колхозсен обществăлла хуçалăхне пĕрмаях аталантарса пырассишĕн кĕрешме, ялхуçалăх культурисемпе вырăх-чĕрлĕн тухăçлăхне ӳстермелли резервсемпе туллин усă курассишĕн кĕрешме мобилизацилемелле. Хальхи вăхăтра вырăх-чĕрлĕхе ăнăçлă хĕл каçарассишĕн, пысăк тухăçлă тырпул, пахча çимĕç, çĕрулми туса илме условисем хатĕрлессишĕн, кăçал агротехника мероприятийĕсене пурне те кăтартуллă пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăйран тăрăшни кирлĕ.

Депутатсем—колхозлă ялăн малта пыракан çыннисем. Вĕсен кашни ферма çуртне мĕнле ăшăтнине, вырăх апатне мĕнле расходланине, вăрлăх мĕн чухлĕ хывнине, ăна тасатнине тата мĕнле сыхласа усранине тăтăшах тĕрĕслемелле. Калас пулать, пирĕн республикăри колхозсем тырпул тухăçлăхне планпа палăртнă чухлĕ ӳстерейменнерĕç, партипе правительство ялхуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене хăвăрт вăйлатасси çинчен йышăннă решенисене чылай çĕрте çителĕксĕр пурнăçласа пырассĕ-ха. Вырăнти Советсен çав çитменлĕхсене яланах асра тытса, вĕсене пĕтерессишĕн хастарлă кĕрешмелле. Уйрăм колхозсем юлса пынине пĕтерес тĕлĕшпе ял Совечĕсем усăллă ĕçсем нумай тума пултарассĕ тата ăна тума тивĕçлĕ те.

Халăхăн культурăпа йăла тĕлĕшĕнчи ыйтăвĕсене тивĕçтерессине кашни ял Совечĕн тимлĕ пăхмалла. Вĕсем шкулсен, больницăсен, культурăпа сутĕç учрежденийĕсен, суту-илӳ организацийĕсен ĕçне лайăхлатассишĕн тăрăшмалла.

Ял Совечĕсен ĕçне малалла лайăхлатас тĕлĕшпе вĕсем хушшинче социализмла ăмăрту йĕркелени усăллă. Çак ăмăртăва ячĕшĕн кăна йĕркелени пулмалла мар. Ăна умри задачăсене ăнăçлă пурнăçлас ĕçе пăхăнтармалла. Ăмăрту итогĕсене вăхăтра туни, малта пыракансен опытне пĕтĕçтерсе анлă сарни кирлĕ.

Ял Совечĕсен ĕçне малалла лайăхлатни ялхуçалăхне хăвăрт вăйлатас тĕлĕшпе тăракан пысăк задачăсене ăнăçлă пурнăçлама пулăшĕ.

Д. МИТЬКОВ.
Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ.

# Удобренисем нумайрах хатĕрлер

Н. НИКИТИН.
Чурачĕк районĕнчи «Совет» колхоз председателĕ.
Н. ДМИТРИЕВ.
Колхоз агрономĕ.

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн кăçалхи январĕн 11-мĕшĕнче тухнă номерĕнче эпир Октябрьски районĕнчи «Звезда» колхоз председателĕн С. Яковлев юлташ çырнă статьяна вуларăмăр. Вăл колхозра выльăх тата минераллă удобренисемпе анлăн усă курни, çавна май тырпул тухăçне нумай ÿстерни, артель хуçалăхне тĕреклетни çинчен çырать. «Звезда» колхозăн çитĕнĕвĕсене эпир пысăк интереспе сăнаса тăратпăр, пирĕн вĕсенчен вĕренмелли нумай-ха.

«Звезда» колхозри пекех эпир те 1950 çул хыççăн тислĕкпе тата минераллă удобренисемпе ытларах усă курма тытăнтăмăр. Пирĕн уй-хирсенчи тăпра пахалăхне мухтама çук, пуринчен ытларах тăмлă тата кĕллентчĕклĕ тăпра шутланать. Анчах уй-хире çултан-çул нумайрах тислĕк кăларни ялхуçалăх культурисен тухăçне чылаях ÿстерме май пачĕ. Удобренисемпе усă курни пирĕн колхоза мĕн чухлĕ усă кÿнине çак таблицăра курма пулать:

| Çулсем | Уй-хире кăларнă: Тислĕк (тоннăпа) | Минераллă удобренисем (центнерпа) | Кашни гектартан тĕштырă пуçтарса кĕртнĕ (центнерпа) |
|---|---|---|---|
| 1950 | 361 | 186 | 10,48 |
| 1953 | 1.700 | 750 | 14,65 |
| 1955 | 1.227 | 690 | 16,15 |

Яковлев юлташ тĕрĕс калать, тислĕке уй-хире пĕрер лавăн кăларса сапаласа тăкни усă кÿмест. Çавăнпа та эпир колхозра хатĕрленĕ тислĕке участоксем çине турттарса штабельсене купислатпăр. Кун пек тусан тислĕкре ÿсентăрансене кирлĕ тутлăхлă япаласем нумайрах сыхланса юлаççĕ.

Хальхи вăхăтра выльăх-чĕрлĕх фермисенчи мĕнпур тислĕке пĕтĕмпех пухса пырсан та, вăл тĕштырăсем, уйрăмах кукурузăпа техникăлла культурăсем тата çĕрулмипе пахча çимĕç акмалли участоксем çине кирлĕ таран тăкма çитмест. Çавăнпа эпир, малта пыракан колхозсен примерĕпе, колхозниксен хуçалăхĕнчи тислĕке те колхоз уй-хирне кăларма йышăнтăмăр.

Пирĕн колхозниксем халĕ çакна лайăх ăнланаççĕ: уй-хире удобренисем мĕн чухлĕ нумайрах тăкатпăр, тырпул тухăçлăхĕ те çавăн чухлĕ пысăкрах, колхозниксен пурнăçĕ те çавăн чухлĕ лайăхрах пулать. Пĕлтĕр эпир государство умĕнчи обязательствăсене срокчен тата иртерсе тултартăмăр, закуп шучĕпе 200 центнер тырă сутрăмăр, вăрлăхпа страховой фондсем кирлĕ таран хыврăмăр, выльăх-чĕрлĕх валли 1.536 центнер уйăртăмăр, уй хыççăн колхозниксене кашни ĕçкунĕ пуçне 4 килограмм тырă, 1,2 килограмм çĕрулмипе пахча çимĕç, 2,2 килограмм улăм тата 2 тенкĕ укçа валеçсе патăмăр. Çавăнпа та пирĕн колхозниксем уй-хире тислĕк кăларас ĕçе активлăн хутшăнаççĕ, хăйсен хуçалăхĕнчи тислĕке колхоз уй-хирне тăкмасăр [illegible]ытăнса тăмаççĕ. Вăтамран шутласан, кашни хуçалăхран çулталăкра 12—15 лав тислĕк тухать.

Хăйсен хуçалăхĕнчен уй-хире тислĕк кăларас ĕçре колхозниксене хавхалантарас шутпа эпир вĕсене тислĕкшĕн халиччен çакăн пек йĕркепе тÿлесе тăнă: лайăх çĕрнĕ тислĕке кашни лавĕшĕн 1,0 ĕçкунĕ, çĕрсе çитеймен тислĕкшĕн 0,75 ĕçкунĕ, улăмлă тислĕкшĕн 0,5 ĕçкунĕ.

«Звезда» колхозăн опычĕпе паллашнă хыççăн, унта колхозниксен хуçалăхĕнчен кăларнă тислĕкшĕн тÿлеме тупнă йĕрке тĕрĕсрех пулать, тесе шутлатпăр. Пирĕн колхозра кашни колхозника унăн хуçалăхĕнче мĕн чухлĕ выльăх-чĕрлĕх пуррине шута илсе тислĕк хатĕрлес тĕллĕнпе халиччен задани пани пулман-ха. Çавăн пек задани памалла тусан, эпир колхозниксен хуçалăхĕнчен иртнĕ çулсенчипе танлаштарсан, сахалтан та икĕ хут нумайрах тислĕк кăларма пултаратпăр. Ун пек йĕркене колхозниксем хăйсем те ырлаççĕ. Пирĕн колхозра колхозниксен хуçалăхĕнчен илекен пĕр лав тислĕк, унăн тÿленине пасарти вăтам хакпа шутласан, 18 тенке ларать. «Звезда» колхозра йышăннă йĕркепе тÿлесен, 30 тенке çитме пултарать. Апла пулин те вăл пирĕншĕн усăллă тесе шутлатпăр. Пурте пĕлетпĕр, пĕр гектар çине 20 тонна, е утмăл лав лайăх çĕрнĕ тислĕк тăксан тырă тухăçĕ вăтамран 7—8 центнер хутшăнать.

Колхоз уй-хирне тăкма хатĕрлесе панă ытти удобренисемшĕн те эпир колхозниксене ĕçкупĕсем паратпăр. Пĕр центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухса панăшăн вĕсем 3,0 ĕçкунĕ, çавăн пекех пĕр центнер кĕлшĕн 3,0 ĕçкунĕ илеççĕ.

1950 çултанпа эпир, уй-хире тислĕк кăларассине ÿстерсе пынипе пĕрлех, минераллă удобренисемпе те ытларах усă курма тытăнтăмăр. Пирвайхи çулсенче колхозниксен пĕр пайĕ минераллă удобренисем усă кÿрессине ĕненместчĕç, «харамах укçа тăкатăр», тетчĕç. Ун пек калакансем халĕ пĕр çын та çук, колхозниксем минераллă удобренисем кÿрсе килме хăйсем сĕнеççĕ.

Малта пыракан совет агрономин наукине вĕрентнĕ тăрăх, эпир юлашки çулсенче органикăлла удобренисене минераллă удобренисемпе хутăштарса тăкма тытăнтăмăр. Çакă вăл уйрăмах кукуруза, çĕрулми, техникăлла культурăсем тата пахча çимĕç акса тăвас ĕçре пысăк усă парать.

Иртнĕ çулта çĕрулми лартнă участок çине тăкма кашни гектар пуçне çакăн чухлĕ удобренисем хутăштарса хатĕрлерĕмĕр: тислĕк 20 тонна, суперфосфат 2,0 центнер, хлорлă кали 0,75 центнер, фосфорит çăнăхĕ 2,0 центнер. Кусемсĕр пуçне унта кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ тата кĕл хутăштарнă. Çак хутăша эпир кашни йăвана вăтамран 300 грамм хурса пытăмăр. Иртнĕ çул çĕрулмие лайăх ÿсме çанталăк условийĕсем ăнăçлă пулмарĕç, апла пулин те пирĕн уй-хирте çĕрулми кашни гектартан 127 центнер тухрĕ.

Выльăх апачĕн никĕсне тĕреклетес енĕпе кăçал эпир 80 гектар кукуруза акатпăр. Ăна тухăçлă туса илес тесен, тăпрана удобренисемпе лайăх çемçетни кирлĕ. Кукуруза акмалли участок çине тăкма эпир кĕркуннех 200 тонна ытла çĕрнĕ тислĕк хатĕрлесе хутăмăр, çуркуннеччен татах хатĕрлетпĕр. Уй-хире тăкас умĕн тислĕке фосфорлă, азотлă удобренисемпе, кайăк-кĕшĕк тислĕкĕпе тата кĕлпе хутăштаратпăр. Кукурузăна тăватккал тĕмĕн лартнă чухне çав удобренисен хутăшне кашни йăвана 300 грамм хурса пыратпăр.

1956 çулта кĕркунне пирĕн 160 гектар ырăш акмалла. Çĕртме пуссин пĕр пайĕ çинче пĕр çулхи курăксем, «Торсдаг» сортлă пăрса, симĕсле çулса выльăхсене памалли кукуруза акатпăр. Çаксене çулса пухнă хыççăн пĕтĕм участока тислĕкпе минераллă удобренисем тăкса çемçететпĕр.

ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕллĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне пирĕн колхозниксем тулли кăмăлпа ырлаççĕ. Коммунистсен партийĕ пирĕн умма пысăк задача лартать. Çĕрĕç культурине лайăхлатса ялхуçалăх культурисен тухăçне татăклăнах ÿстермелле, 1960 çулта çĕршывра 11 миллиард пăтран кая мар тĕштырă туса илмелле. Эпир хамăр малашлăх планпа çĕнĕ пилĕкçуллăхăн юлашки çулĕнче кашни гектартан 20 центнертан кая мар тĕштырă туса илме йышăнтăмăр. Наука çитĕнĕвĕсене тата малта пыракан опыта ĕçе кĕртсе, уйрăммăнах уй-хирти çĕрсем çине удобренисем çултан-çул нумайрах тăкса, эпир хамăр умма лартнă задачăсене чыслăн пурнăçлăпăр. Тĕрĕс калаççĕ «Звезда» колхоз ĕçченĕсем: «Кăлар тислĕк ытларах—тырпул пулĕ тухăçлăрах».

# Федор Михайлович Достоевский

*(Вилнĕренпе 75 çул тултарнă май)*

Ыран совет халăхĕ тата пĕтĕм тĕнчери малта пыракан çынсем вырăссен аслă писателĕ Федор Михайлович Достоевский вилнĕренпе 75 çул тултарнине паллă тăваççĕ.

Ф. М. Достоевский—вырăссен питĕ хăйне евĕрлĕ писателĕсенчен пĕри. Унăн творчестви пысăк хирĕçÿсем пуррипе палăрса тăрать. Унăн чаплă художествăлла талантĕнче пĕчĕк çынсен чунĕ ыратнине туйса илме тата чун ыратнине кăтартса пама пултарни питĕ паллă йĕр пулса тăрать. А. М. Горький Достоевский шăпах та çак енĕпе ытларах палăрни çинчен каланă.

Писателĕн пĕтĕм творчестви чухăн, простой çынсене мăшкăл туни тата кÿрентерни çинчен калать. Унăн мĕнпур произведенийĕсенче «чаплă» пусмăрçасемпе çăткăн пуянсен влаçне хирĕç тарăхса протестлени пур. Çак протест уйрăмах вăйлăн палăрнă, мĕншĕн тесен Достоевский психологилле романăн мастерĕ пулнă, вăл, çыннăн чун-чĕрери шухăш-кăмăлĕсене витĕр курса, общество пурнăçĕнчи мĕнпур явленисене сăнласа панă. Çавăнпа та Достоевский произведенийĕсем вăйлăн хумхантараççĕ. Анчах та Достоевский хăйĕн пурнăçĕнче тата хăйĕн творчествинче питĕ кăткăс çулпа пынă. Вăл литературăра ĕçлеме тытăнасси хăй Белинский ученикĕ, утопилле социализм майлă тăракăн çын, петрашевецсен революцилле организацийĕн участникĕ пулса тăнă вăхăтра пуçланнă. Хăйĕн çулне вăрă вăл социализмпа революци тăшманĕ пулса вĕçленĕ. Унăн пурнăçĕнче пысăк çитĕнÿсемпе пысăк ăнăçсăрлăхсем пулнă. Унăн повеçĕсемпе романĕсенче иртнĕ ĕмĕрти вырăссен пурнăçне тĕлĕнмелле тĕрĕс кăтартса паракан картинăсем пур, çавна май вăл аслă писатель-реалист пулса тăрать. Çавăнпа пĕрлех унăн реализмран чакнисем, вырăссен пурнăçĕн чăнлăхне пăсса кăтартнисем те пур.

Унăн пурнăçĕпе творчествинчи хирĕçÿсене ăнлансан кăна Достоевские лайăх ăнланса илме пулать. Çав хирĕçÿсем вара ун вăхăтĕнчи общество пурнăçĕнчи хирĕçÿсенчен килнĕ.

* * *

Ф. М. Достоевский 1821 çулта Мускавра çуралнă. Унăн ашшĕ «чухăнсен больницинчи» врач, разночинецсенчен тухнă дворянин пулнă. Вĕсен çемйи чухăн пурăннă. Писатель ĕмĕр тăршшĕпех укса-тенкĕ çитменнипе тертленнĕ.

Достоевский Петербургра Çар-инженери училищинчен вĕренсе тухнă. Анчах та çар служби те, инженери службн те ун кăмăлне каймаи. Вăл çамрăклах литературăпа интересленнĕ. Пушкинпа Гоголь ăна питĕ пысăк влияни панă. Жорж Санд уншăн чи юратнă писательница пулнă, çав писательницăн произведенийĕсенче французсен утопилле социализмĕн идейисем палăрса тăнă.

Пушкинăн «Станционный смотритель», Гоголĕн «Шинель» произведенийĕсем пĕчĕк, простой çынсене мăшкăл туни çинчен вырăс литературинче малтанхи хут ытăва çав тери çивĕччĕн лартнă. Французсен малта пыракан литератури те пĕчĕк çынсемпе интересленме воспитани панă. Белинский статьисем вырăссен прогрессивлă çамрăкĕсене хумхантарнă, крепостной стройпа кĕрешме чĕннĕ.

Çакăн пек идейăсем саралнă вăхăтра Достоевскин «Бедные люди» ятлă пĕрремĕш повеçĕ çуралнă. Белинский ăна хĕрÿллĕн ырланă, вăл ун чухнех çамрăк авторăн аслă пуласлăхне кăтартса панă. Анăçлăх çав тери пысăк пулнă. Пĕчĕк, чухăн чиновникĕн чунне тарăн кăтартса пани, унăн шалти пысăк та илемлĕ тĕнчине уçса пани, ытти çынсенчен уйрăлса тăман, сăпайлă Макар Алексеевичăн шухăш-кăмăлĕ илемле те ырă пулни, вăл мораль тĕлĕшĕнчен дворянла-крепостникла обществăн хуçисенчен нумай малта тăни вулакансене тĕлĕнтернĕ. Чухăн çынсене мăшкăл туни тата кÿрентерни общество мĕнле пулнинчен килни çинчен повесть ĕненмелле, тĕрĕс каласа панă.

Пĕтĕм повесть тăршшĕпех демократилле гуманизм палăрать. Çавăнпа та вăл вырăссен художествăлла реализмĕн классикла тĕслĕхĕсенчен пĕри пулса тăрать. Анчах часах Достоевскин творчествинче малтанхи хирĕçÿ палăрнă. Унăн «Двойник», «Господин Прохарчин», «Хозяйка» произведенийĕсем вара вăл Белинскипе килĕшменнине тата реализмран каялла чакнине кăтартса панă. Çак произведенисенче фантастика нумай, сехĕрлентерекен хăрушлăхсене темĕн чухлех кăтартма юратни палăрать.

Ку вăл—ăнсăртран килнĕ хирĕçÿ мар. Достоевский литература ĕçне 1846 çулта тытăннă. Унăн юлашки произведенийĕ 1880 çулта тухнă. Çав çулсем хушшинче Российăри обществăн историйĕнче паллă тапхăр иртет: тарăн кризис, крепостной, дворянла-помещикла уклад арканни, капитализмла уклад çурални. Кризис классен çивĕч кĕрешĕвĕнче палăрнă. Хресченсем помещиксене хирĕç çĕкленнĕ, хресченсен революцийĕ çывхарнă, пĕр хутчен кăна мар революцилле ситуацисем пулса тăнă, вĕсем хыççăн



хаяр реакци тапхăрĕсем пуçланнă. Капитализм аталанни хресченсемпе мĕнпур ĕçсыннисен ахаль те йывăр пурнăçне тата ытларах йывăрлатнă.

Ĕмĕртенпе пынă йĕркесем арканнă. Çавăн пек аркану обществăлла хутшăнусенче те, уйрăм çынсен пурнăçĕнче те пулнă. Тĕрлĕ социальнăй ушкăнсен идеологийĕнче те, вĕсен моралĕнче те çирĕплĕх пулман. Дворянла интеллигенци вырăнне разночинецсен интеллигенцийĕ тухса тăнă. Унăн пĕр пайĕ революцилле шухăш-кăмăлсемпе идейăсене йышăннă, тепĕр пайĕ, аптраса ÿксе, реакци енне суланнă.

Аслă художник пулнă май, Достоевский хăйĕн романĕсемпе повеçĕсенче çав кăткăс, хирĕçÿллĕ картинăча палăртнă. Анчах та хирĕçÿсем унăн хăйĕн чунĕнче те пулнă. Унăн чунĕ революци еннелле те, реакци еннелле те туртăннă. Хăйĕн мировоззренийĕ тĕлĕшпе вăл малтан революци лагерĕнче, кайран реакци лагерĕнче пулнă. Çавăнпа та вăл вăхăтри пурнăçăн кăткăс картини унăн творчествинче тĕрлĕрен палăрса юлнă. Вăл крепостной стройпа буржуазие чунтан кураймаи, анчах та вăл революцие шанман, унтан хăранă. Вăл çăлăнăçа тĕнре, çын хăйне хăй мораль тĕлĕшĕнчен лайăхлатса пынинче шыранă.

Халăха, тăван çĕршыва хĕрÿллĕн юратнă май крепостниксемпе капиталистсене кураймаине тĕрĕс, чăн, хумхантаракан художествăлла сăнарсен çăлкуçĕ пулнă. Çакăнта ĕнтĕ Достоевскин вăйĕ. Революци çине тăшманла пăхни, «турăçăма» ĕненни—шупка, суя, пурнăçри пек мар сăнарсен çăлкуçĕ пулнă. Ку вăл Достоевскин вăйсăрлăхĕ.

Реализмла вăйлă, усăмлă, тĕрĕс пулнипе палăрса тăракан «Бедные люди» повесть хыççăн Достоевский «Двойник» çырнă. Унта вăл пĕчĕк чиновникăн Голядкинăн чунĕнче икĕ тĕрлĕ туйăм пуррине психологилле тарăн кăтартса панă. Ун ăшĕнче йăвашлăхпа пĕрлех сĕмсĕрлĕх пур. Ку вăл вак буржуазишĕн, уйрăмах историлле кризис вăхăтĕнче паллă йĕр пулса тăрать. Çакăнта художествăлла тĕрĕс марри пулман-ха, анчах та Достоевский çакна кашни çынна тивĕçлĕ свойство тесе ÿстерсе кăтартнă. Ку вăл вара вырăссен революцилле демократийĕн материалистла тата реалистла шухăшĕсенчен тĕпренех уйрăлса тăнă.

Çапла ĕнтĕ, Достоевскин творчествинче унăн литература ĕçĕнчи малтанхи тапхăрĕнчех, вăл Белинскипе çывăх тăнă тата петрашевецсемпе, утопилле социализм майлă вырăссемпе çыхăннă чухнех, хирĕçÿсен пуçламăшĕ пулнă.

1849 çулта петрашевецсен кружокне арккатса тăнă. Достоевскине арестленĕ. Петропавловски крепоçе хупса хунă. Патша правительстви ăна чи активлă участниксенчен пĕри тесе йышăннă. Белинский Гоголь патне çырнă, паллă çырăва сасăпа вуланăшăн айăпланă, вĕлермелле тесе суд тунă. Юлашки минутра çеç, Достоевский хăйне персе пăрахма команда парасса кĕтсе тăнă чухне, ăна каторгăна тата ссылкăна ямалла тунă. Çапла вара вăл Çĕпĕрте 1859 çулччен пурăннă.

Каторгăра Достоевский хăйĕн шухăшĕсене улăштарнă. Вăл революципе социализма шанма пăрахнă. Унăн тĕп мировоззренийĕ йĕркеленсе çитнĕ. Йăвашлăх пулсан, мăнкăмăллă ăс-тăна пăрахсан, турра ĕненсен кăна çăлăнма пулать, тесе ĕнентерме хăтланнă вăл.

Достоевскин шухăшĕсем улшăннă, реакцилле характерлă пулса тăнă, анчах писатель-реалистăн хăватлă таланчĕ юлнă, вăл пурнăç çинчен чăнлăха çырма хушнă. Пурнăç чăнлăхĕ аслă художникре йăнăш шухăшсене çĕнтернĕ. Çавăнпа та унăн, тĕпрен илсен, сăнарсем тĕрĕс, пурнăçри пек пулса тухнă произведенийĕсем пурте, вĕсен уйрăм енĕсене суя мировоззрени пăснă пулин те, чăнлăхпа килĕшсе тăраççĕ.

«Бесы» романра революцие кураймаине художествăлла чăнлăхран вăйларах палăрнă, роман вара революцилле движени çинчен çырнă пасквиль пулса тухнă. Анчах та «Преступление и наказание», «Идиот», «Подросток», «Братья Карамазовы» романсенче, «Записки из мертвого дома» ятлă очерксенче, «Село Степанчиково и его обитатели», «Дядюшкин сон» повеçсенче пурнăç чăнлăхĕ унти йăнăш шухăшсенчен чылай вăйлăрах, ĕнентермеллерех кăтартса парать. Хирĕçÿсемпе çитменлĕхсем пур пулин те, çак произведенисем вырăссен классикла литературин ылтăн фондне тата тĕнче литературин пуянлăхне кĕрсе юлнă.

Çав произведенисенче пуринче те эксплуататорла обществăн ирсĕр енĕсене тĕлĕнмелле вăйлă кăтартса панă. Çав обществăра чи лайăх, талантлă çынсене вилме пÿрнĕ; унти пусмăрçăсем, çынсемэрешменсем, аскăн пурнăçпа пурăнакансем хуçаланаççĕ. Автор юриех хăйĕн геройĕсен «йăвашлăхне» кăтартса пама тăрăшнă пулин те, вулакан яланах çакăн пек вывод тунă: çав общество умĕнче йăваш пулма та, пĕччен кăна кĕрешмелли меслетсене йышăнма та май çук.

* * *

Достоевский вилнĕренпе 75 çул иртрĕ. Унăн тĕнчери чапне çирĕп йышăннă. Анчах та унăн ячĕ тавра ку таранчченех хĕрÿллĕ тавлашусем пыраççĕ.

Буржуалла литература Достоевскин творчествинче мĕнпур реакцилле енĕсемпе усă курма тăрăшать. Унăн художествăлла произведенийĕсене, унăн литература тĕлĕшĕнчи ăсталăхне шута хумасăр тата пăсса кăтартса, Достоевские тĕнпе философи тĕлĕшĕнчи шухăшлавçă, публицист, реакцилле шухăшлă «Дневник писателя» авторĕ тесе мухтаççĕ; реакционерсене çапла вара, «достоевщина» Достоевскирен ытларах интереслентерет.

Анчах та Достоевскин чăн-чăн пĕлтерĕшĕ кунта мар. Социализм строительстви çĕнтерчĕ условисенче тĕн философи ыйтăвĕсем кун йĕркинчен тухса ÿкнĕ е вĕсене марксизм-ленинизм науки кăтартнă пек тĕрĕс татса панă. Свидригайловсем, Лужинсем, Ставрогинсем, Верховенскисем, Карамазовсем çуралса тухнă социальнăй условисене пĕтернĕ ĕнтĕ.

Анчах та, тĕнчере помещиксем, капиталистсем, чиркÿ пилленипе ĕçсыннисене тискеррĕн хĕсĕрлекен çĕршывсем пур чухне, Достоевскин художествăлла сăнарĕсем чи лайăх çынсене яланах хумхантарĕç. Çав сăнарсем вĕсенче капитализма протестлес шухăша çуратаççĕ, вĕсене революцилле кĕрешĕве чĕнеççĕ.

Пирĕн çĕршывра аслă писателĕн произведенийĕсем хамăршăн тăшман пулса тăракан обществăпа паллаштараççĕ кăна мар, вĕсем карамазовщинăн мĕнпур юлашкийĕсемпе, çынсен ăс-тăнĕнчи капитализм юлашкийĕсемпе татăклăн кĕрешме чĕнеççĕ. Эпир Достоевский творчествинчи прогрессивлă тата реакцилле енĕсене уççăн уйăрса илме тивĕçлĕ, унăн хирĕçĕвĕсене асăрхамасăр тăмалла мар. Достоевский произведенийĕсен нумая пыракан вăйне: чăнлăхлă, реализмла художествăлла сăмаха, писатель тăван халăха чĕререн юратнине тата халăхăн вăйĕсене, талантне шанса тăнине эпир тав туса упратпăр.

Д. ЗАСЛАВСКИЙ.

# ÇĔНĔ ÇИТĔНÿСЕМШĔН

КУСЛАВККА. Çак кунсенче çуртсем тăвакан заводри профсоюз организацийĕн пухăвĕнче улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕллĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне сÿтсе яврĕç. Заводри рабочисемпе работницăсем, инженерсемпе техниксем тата служащисем, Директивăсен проектне ырласа, производствăна малалла аталантарма халиччен усă курман çĕнĕ резервсене уçса паларăтаççĕ, улттăмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тултарма пысăк обязательствăсем йышăнаççĕ.

Профсоюз членĕсен пухăвĕ КПСС ХХ-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне планран иртерсе 200 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларма, çулталăкри производство планне декабрĕн 20-мĕшĕ тĕлне тултарма, ĕç тухăçлăхне 8,3 процент ÿстерме, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетнипе планран иртерсе 590 пин тенкĕ перекетлеме, икĕ пысăк çурт туса пĕтерме, 400 ача вĕренмелли çĕнĕ шкул тата механизациленĕ çăкăр завочĕ тума тытăнма йышăнчĕ.

Çуртсем тăвакансем партин ХХ-мĕш съездне пысăк ÿсĕмсемпе кĕтсе илме тăрăшаççĕ. Январĕн иккĕмĕш çур уйăхĕнче, малтанхи уйăхрипе танлаштарсан, ĕç тухăçлăхĕ 8,4 процент ÿсрĕ.

Съезд умĕнхи социализмла ăмăртура механически цех (начальникĕ Парашин юлташ) коллективĕ малта пырать. Çак цехри тимĕрçĕ И. Максимов нормăна икĕ хут ытла иртерсе тултарать. Унпа ăмăртакан тимĕрçĕ В. Борисов, слесарь В. Людков, строгальщик Н. Крупнов сменăри нормăна яланах иртерсе тултараççĕ. Малта пыракан рабочисем ĕç тухăçлăхне ÿстернипе пĕрлех материалсем ытларах перекетлеме тăрăшаççĕ. Январь уйăхĕнче 1.875 тенкĕлĕх перекетленĕ.

Производство новаторĕсен творчествăлла активлăхĕ нумай ÿсрĕ. Рационализаторсем юлашки вăхăтра 21 сĕнÿ панă. Материалсем типĕтекен цехри слесарь Ф. Назаров панă сĕнĕве пурнăçа кĕртни çулталăкра вăтам шутпа 5.680 тенкĕ перекетлеме май парать. Чĕртавар биржинчи механик П. Васин сĕнĕвĕ рейдри йывăçа бассейна куçарнă çĕрте ĕç тухăçлăхне икĕ хут çурă ÿстерме пулăшать. Йывăç материалсем перекетлемелле тата транспортерсемпе ытларах усă курмалла тăвас енĕпе хăма çуракан цехри платник К. Савинов пахă сĕнÿ панă.

Партин ХХ-мĕш съезчĕ ячĕпе ĕç вахтине тăнă рабочисемпе работницăсем татах та пысăкрах ÿсĕмсем тума тăрăшаççĕ.

М. АЛЕКСАНДРОВ.

*Критикăпа библиографи*

# „Ялав" журналти хăшпĕр калавсем çинчен

Чăваш совет прозинче, вăл мĕн пуçланнăранпах, эпикăлла кĕçĕн форма—калав, новелла тĕп вырăн йышăнса тăнă. Пирĕн проза никĕсне хывса ăна ăнăçлăн аталантарса пынă Хумма Çеменĕ, Марфа Трубина, Иван Мучи, вĕсем хыççăн М. Данилов-Чалдун, Исаев Мĕтри тата ыттисем те пуринчен ытларах калавсем çырнă. Литературăна 1930-мĕш çулсем хыççăн, совет халăхĕ пилĕк çуллăх плансене пурнăçласа пынă вăхăтра хутшăннă писательсен (К. Пайраш, И. Тукташ, В. Долгов, А. Талвир, А. Эсхель т. ыт.) хăйсен пултарулăхне чăн малтан калавсем çырнипе палăртнă. Эпикăлла пысăк форма (повесть, роман) пирĕн литературăра каярахпа тин аталанма пуçланă. Вăрçă хыççăнхи çулсенче вара прозăри пысăк формăсем самаях вăй илчĕç. Юлашки вăхăтра повеçсемпе романсем журналсенче те тăтăшах пичетленеççĕ, уйрăм кĕнекен те тухаççĕ.

Анчах пысăк формăллă произведенисем тухни (ку ĕнтĕ питĕ аван)—прозăра кĕçĕн формăллă произведенисем пĕтсе лармаллине пĕлтермест. Пачах урăхла: кĕçĕн формăсене пирĕн çине тăрсах аталантарса пымалла, мĕншĕн тесен калавпа новелла, уйрăмах очерк—паянхи пурнăçа, хамăр халăхăн, коммунизм строителĕсен кулленхи творчествăлла хĕрÿ ĕçĕсене çийĕнчех сăнласа кăтартма май паракан оперативлă, боевой жанрсем пулса тăраççĕ.

Тÿрех калас пулать: калав çыракансем сахалах мар пирĕн тата вĕсен йышĕ ÿссех пырать. Çултан-çулах прозаиксем хушшинче çĕнĕрен çĕнĕ ятсем палăраççĕ. Ку вăл Чăвашгосиздат кăларакан кĕнекесем тăрăх та, журналсем тăрăх та курăнать. Акă, нумаях пулмасть С. Павловăн, В. Бурнаевскин, В. Ухлин, В. Алендейĕн пĕрремĕш кĕнекисем тухрĕç. 1955 çулхи «Ялавра» каллех çĕнĕ ятсем курăнчĕç—Н. Щипцов, С. Селезнев, В. Игнатьев, А. Малов, А. Иванов т. ыт. те.

Литературăра нумай çулсем хушши ĕçленĕ опытлă писательсен романĕсемпе, повеçĕсемпе, калавĕсемпе пĕрлех çамрăксен произведенийĕсем пичетленни çавăнтарать, мĕншĕн тесен ку вăл пирĕн литература ÿсĕм çулĕпе пынине, ăна малалла аталантарма çĕнĕ вăйсем хутшăннине кăтартса парать.

Акă, эпир ятарласах «Ялав» журналĕнчи калавсене çĕнĕрен пăхса тухрăмăр. 1954 çулхи пекех, «Ялав» 1955 çулта та нумай пулмасть çырма тытăннă авторсене тата тин çеç çырма пуçăнакан çамрăксене вырăн ытларах панă.

Йĕркипе вуласа тухрăмăр та, пуринчен ытла пире журналăн 11-мĕш номерĕнче тухнă «Пĕчĕк акăшсен ташши» ятлă калав шухăша ячĕ.

Тепĕр чух çапла пулать-çке: пĕр-пĕр произведение вуласа тухатăн та, ун пирки нимĕн те калаймастăн.., Пăхсан, пурте хăй вырăнче: темине те хурламалла мар, кирлĕ, паянхи кунран тухса тăракан тема, композицийĕ те чиперех, çыннисем те лайăх, анчах вăл сана нихăш енчен те хускатмасть, нимĕнле çĕнĕ шухăш та çуратмасть. Вулатăн та çийĕнчех манса каятăн! Паллах, питĕ шел, анчах çавăн йышши «чуна тивмен» калавсем сахал мар-ха пирĕн.

Анчах çак «Пĕчĕк акăшсен ташши» калав—ун пек мар. Вăл вулакана тÿрех «тытса лартать» те, вĕçне çитиччченех интереслентерсе, пăлхатса, хумхантарса малалла туртать. Вуласа тухсан та ăна тăрукках аяккалла илсе хумастăн, геройсен малашнехи шăпи çинчен шухăшлатăн, санăн вĕсене пысăк телей кÿрес килет, мĕншĕн тесен вĕсем çав телее тивĕçлĕ, ырă, паха, тÿрĕ кăмăллă та хĕрÿ чĕрелле çынсем...

Василий Игнатьев ятне пуçласа илтетпĕр, анчах малтанхи калавĕпех вăл самаях палăрчĕ.

Калав содержанийĕ кăткăс мар. Вăрмана йывăç касма кайсан, тин çеç вăтам шкултан вĕренсе тухнă Йĕкĕт лесник хĕрĕпе—консерваторире вĕренекен Лидăпа паллашать. Лида—ăста музыкант. Йĕкĕт те музыкăна кăмăллать. Кĕске вăхăтрах вĕсем хушшинче çав тери хĕрÿ те таса юрату пуçланать. Темиçе кун хушши пĕр-пĕрне курса пурăнни, музыкăна итлени Йĕкĕт чĕринче нихçан çухалмалла мар тарăн йĕр хăварать. Кайран вăл пединститутра вĕреннĕ хушăрах музыкăна вĕренет, унтан хăй те консерваторие каять, композитор пулас çул çине тăрать...

Питĕ ăшă, лирикăлла туйăмпа çырнă çамрăк автор хăйĕн калавне. Нумайлăха асра юлать вăл. Автор ку калавра çутçанталăка та лайăх курать, чĕлхи те сăмăл, çаврăнăçуллă, çепĕç. Художествăлла детальсемпе те питĕ пĕлсе усă курать.

Паллах, калавра çитменлĕхсем пачах та çук, тесшĕн мар эпир. Геройсем часчасах пĕрешкел калаçаççĕ (ашшĕ те, хĕрĕ те: «ничего, ничего» теме юратаççĕ),—ку ĕнтĕ кашни герой чĕлхине хăйне уйрăм, индивидуализацилесе кăтартма пĕлменни пулать; тĕп героиня—Лида—калав вĕçĕнче тăрук çухалать, автор ун çинчен «вăл ĕнтĕ халь качча кайнă» тесе пĕлтерет çеç. Геройсен малашнехи шăпи çинчен ытла тĕплĕн каласа памасан та, вăл мĕнлерех пулассине вулакана ăнланма май парасах пулать.

Анчах калаври çак çитменлĕхсем, çамрăк авторăн опыт çуккипе пулнă шăйрăксем, калавăн паха енĕсене хупласа лартмаççĕ. Автора эпир малашне пысăк ăнăçлăхпа ĕçлеме ырă сунатпăр.

Журналăн 8-мĕш номерĕнче Аркадий Маловăн «Надя» ятлă калавĕ пичетленнĕ. Ку та, «Пĕчĕк акăшсен ташши» пекех, çамрăк авторăн прозăпа çырнă пирвайхи произведенийĕ. Апла пулсан та, «Надя» калава эпир иртнĕ çулта «Ялавра» тухнă кăмăла каймалла калавсенчен пĕри тесе хаклатпăр. Автор кунта пирĕн çынсем обществăлла интереcсене харпăр хăй интересĕсенчен мала хунине, социализмла пурлăха упрассишĕн чунтан тăрăшнине кăтартать. Колхозри çамрăк ветфельдшер Надя, юнашар колхозра чи лайăх ĕнерекордистка сасартăк чирлесе ÿкни çинчен пĕлсен, çанталăкне-мĕнне пăхмасăрах хăйне чĕннĕ çĕре тухса чупать, ĕнене çăлать. Унăн çав вăхăтра нумайранпа курман чун савнийĕ патне каймалла пулнă... Савнийĕ вăхăтлăха çеç килнĕ-мĕн, вăл Надьăна кĕтсе илеймесĕрех тухса каять. Хĕре питĕ йывăр, анчах хăй усăллă ĕç туни лăплантарать ăна.

Калав чĕлхи паха. Автор Надя кăмăлне, унăн ырă характерне аван уçса парать. Композици енĕпе те калава хурлама çук. Ку таранччен А. Малов сăйра хутра сăвăсем пичетлетчĕ, халĕ, çак «Надя» калава вуланă хыççăн, пирĕн ăна прозăпа ытларах ĕçлеттерес килет.

«Ялавра» эпир Иван Григорьевăн калавĕсемпе очеркĕсене час-часах вулатпăр. Унăн геройĕсем—çамрăк рабочисем, производство новаторĕсем, хăш чух инженерсемпе техниксем пулаççĕ. Çамрăк автор рабочи класс пурнăçне çутатас тĕлĕшпе ытларах ĕçленине ырлама тивĕç, мĕншĕн тесен промышленность, транспорт, строительство ĕçĕнчи çынсен сăнарĕсем пирĕн литературăра ытла та сахал-ха. Республикăри промышленность çулсерен ÿсет, саралать, çавна май рабочисен йышĕ те ÿссех пырать, çĕнĕлле ĕçлекенсем, рационализаторсемпе изобретательсем нумайланаççĕ, анчах çав ĕçри геройсем, писательсен айăпĕпе, пирĕн кĕнекесен геройĕсем пулман-ха.

Иван Григорьев, хăйĕн ăсталăхĕ çитнĕ таран, çак питех те кирлĕ, паха темăна çутатса пама тăрăшать. Ку таранччен унăн ĕçĕ пур чухне те ăнăçлах пулмастчĕ. Хăш чух вăл, материала тĕплĕн пĕлейменнипе, çиелтереххĕн, схемăлла çырса каятчĕ, çынсен характерĕсене кирлĕ пек уçса параймастчĕ. Анчах «Ялавăн» 10-мĕш номерĕнче тухнă «Юлташпа тĕл пулсан» калавĕнче вăл производствăна чун-чĕререн парăнса ĕçленĕ çамрăк рабочи Максим Дубов епле ÿссе пынине, çине тăрса вĕреннипе ăста рационализатор пулса тăнине, унтан инженер дипломне те илме пултарнине самаях ĕнентерÿллĕ кăтартса панă. Кунта автор литература ăсталăхĕ енĕпе чылай мала кайнă. Калав чĕлхи те лайăхрах, якарах. Пĕр япала çеç кăмăла каймасть пире: Максим Дубов мĕнле ÿссе пынине автор унăн шкулти юлташĕ пулнă Борис Ласточкин пурнăçĕпе танлаштарма тăрăшать. Дубовпа Ласточкин—пĕр-пĕринчен ытла та аякра тăракан çынсем. Дубовпа танлаштарса пыма авторăн производствăри çыннах илмеллеччĕ мар-ши, вара калав сулмаклăрах пулнă пулмĕччĕ-ши?

Иртнĕ çулта «Ялавра» та, «Тăван Атăлта» та çамрăк авторсем ача-пăча валли çырнă калавсем чылай пичетленĕ. Анчах вĕсене уйрăм тишкерсе тухас пулать. Халĕ эпир журналсенче пичетленнĕ «ятлăрах» писательсен калавĕсем çинче чарăнса тăрасшăн.

Владимир Садай—икĕ кĕнеке авторĕ. Кунсăр пуçне, унăн уйрăммăн пичетленнĕ калавсем те чылай. Апла пулсан, опыт çук мар ĕнтĕ унăн, çавăнпа та вулакансем унран лайăхран лайăх произведенисем ыйтма тивĕç.

«Ялавра» пĕлтĕр В. Садайăн икĕ калавĕ тухнă: «Çĕнĕ инженер» (3-мĕш номерте) тата «Ывăлĕ патне кайсан» (9-мĕш номерте). Питĕ лайăх вуланаççĕ вĕсем, чăн-чăн литература чĕлхипе çырнă. Анчах, тÿррипе каласан, вĕсем иккĕшĕ те çав тери çăмăл калавсем, вулакан умĕнчен мамăк пек вĕçсе иртеççĕ те... çухалаççĕ.

Акă, «Çĕнĕ инженер» калава илер. МТС директорĕ Рыбаков питĕ кăмăлсăр: «Шăп хĕрÿ вăхăтра главнăй инженерсăр тăрса юлтăм»,—тет вăл. Главнăй инженер вырăнĕнче ĕçлепĕ çынна вĕренме янă иккен... Халĕ ăна çĕнĕ инженер ярса парасси çинчен пĕлтернĕ, анчах мĕнле çын-ши вăл? «Пĕр-пĕр çитĕнсе çитмен, мотор сассинчен çÿçенекен (?) çамрăк мар-ши?»

Чăнах та, çĕнĕ инженер питĕ çамрăк пулнă-мĕн. Рыбаков ăна сиввĕн йышăнать. Инженер ĕçе хĕрÿллĕ тытăнать, ĕçсене лайăхлатмалли майсем тупма пуçлать, çĕнĕ меслетсем сĕнет, анчах Рыбакова ку та килĕшмест: «Çамрăк-ха... малтан ĕçлесе кур, йывăрлăхсене чăтса пăх».

Унтан, пачах та ăнсăртран, Рыбаков çав инженерăн аллинче хуçмалли çĕçĕ курать. Аса-илÿсем хусканса каяççĕ... Вунă çул каялла, фронтра, аманнă Рыбакова пĕр вунçичĕ çулхи çамрăк партизан çăлнă-мĕн. Асăнмалăх, Рыбаков ăна хăйĕн çĕççине парса хăварнă. Çĕнĕ инженер—шăп çав партизан иккен! Çакна тавçăрса илсенех Рыбаковăн кăмăлĕ улшăнать, вăл инженера ыталаса илет:

— Пĕрле ĕçлĕпĕр, каллех пĕрле, пĕр стройра пулăпăр!

Калава автор çакăнпа вĕçлет, анчах вулакан кăмăлсăр юлать:

— Енчен те Рыбаков çĕнĕ инженер аллинче ăнсăртран хăйĕн çĕççине курман пулсан, ăна вăл малтанхи пекех юратмасăр пурăннă пулĕччĕ-ши? В. Садайăн произведенийĕсенче темшĕн çынсем вĕçĕмсĕрех ăнсăртран тĕл пулаççĕ. «Летчиксем» романра та, «Юр ирĕлет» сбор-

(Вĕçĕ 4-мĕш страницăра).

# СОВЕТ ПРАВИТЕЛЬСТВИ

## ИРАН ПРАВИТЕЛЬСТВИНЕ ПАНĂ НОТА

Февралĕн 4-мĕшĕнче ССР Союзĕн Иранри Посолĕ А. И. Лаврентьев Иран Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ Ардалан господин патĕнче пулнă, ăна Иран Багдадра тунă çар блокĕ çумне пĕрлешни çинчен тăракан ыйту пирки Совет правительстви янă нотăна панă. Маларах асăннă нота çак ыйту тăрăх Совет правительстви Иран правительствине 1955 çулхи ноябрĕн 26-мĕшĕнче панă нота пирки Иран правительстви янă нота çине ответлени пулса тăрать. Иран правительствин çав нотине 1955 çулхи декабрĕн 10-мĕшĕнче Иранăн Мускаври Посольстви СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствине панăччĕ.

Паллă ĕнтĕ, Совет правительстви 1955 çулхи ноябрĕн 26-мĕшĕнче янă нотăра çакăн пек ыйтусем лартнăччĕ: Багдадра тунă çар блокĕ агрессилле блок пулса тăни çинчен, вăл Вăтаçĕрти Хĕвелтухăç тата Çывăх Хĕвелтухăç районĕнчи мирпе хăрушсăрлăха çирĕплетес ĕç интересĕсемпе, çапла вара ООН тĕллевĕсемпе килĕшсе тăманни çинчен каланăччĕ, Багдадра тунă пактпа хĕвеланăçĕнчи державăсем çак районти экономика енĕпе начар аталаннă çĕршывсене колони туса пусмăрламалли хăтĕр вырăнне усă курни çинчен, Иран пакт çумне пĕрлешни Совет Союзĕпе ырă кÿршĕлле çыхăнусем тытассипе килĕшсе тăманни çинчен, Совет Союзĕпе Иран тунă договорсем тăрăх, çав шутра Совет Союзĕпе Иран гаранти тата нейтралитет çинчен 1927 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнче тунă договор тăрăх Иран хăйĕн ирĕкĕпе илнĕ обязательствăсене хирĕç пыни çинчен асăрхаттарса каланăччĕ.

Нотăра Иран Багдадра тунă пакт çумне пĕрлешнĕ пирки Совет Правительстви 1955 çулхи октябрĕн 12-мĕшĕнче тунă заявление çирĕплетнĕччĕ, Иран Правительстви Багдадра тунă çар блокĕ çумне пĕрлешесси çинчен йышăннă решенирен тухса тăма пултаракан ĕçсемшĕн пĕтĕм ответлăха Иран Правительстви çине хунăччĕ.

Хăй 1955 çулхи декабрĕн 10-мĕшĕнче ответлесе янă нотăра Иран Правительстви, Иран Багдадра тунă çар блокне кĕнине тÿрре кăларма тăрăшнă. Вăл каланă тăрăх, Багдадра тунă пакт «Вăтаçĕрти Хĕвелтухăçĕнчи мирпе хăрушсăрлăх никĕсĕсене çирĕплетессисĕр пуçне урăх нимĕнле тĕллевсем те лартмасть» имĕш, ăна «оборона» валли тунă, вăл «мĕнле те пулин çĕршыва хирĕç пымасть» имĕш.

Çакна май Иран Правительстви çавнах çĕнĕрен калать. Вăл каланă тăрăх, Багдадра тунă пакт «ООН тĕллевĕсемпе пĕтĕмпех килĕшсе тăрать» имĕш. Хăй çапла калани «тĕрĕс тесе ĕнентерес» шутпа вăл Багдадра тунă пакта ООН секретариатĕнче регистрацилессине илсе кăтартать.

Хăйĕн нотинче Иран правительстви Багдадра тунă пакт çар тата политика енĕпе тунă паллă ушкăнсемпе—Çурçĕр Атлантика блокĕпе (НАТО-па) тата Кăнтăр-Хĕвелтухăç Азири пактпа (СЕАТО-па) çыхăнса тăнине тунмасть, çакăнпа пĕрлех вăл çапла калать: ку пактсенчен пĕрне те «пĕр çĕршыва е чылай çĕршывсене хирĕç тăрас е тапăнас тата агресси пуçлас шухăшпа туман» имĕш.

Хăй Иранпа СССР хушшинчи туслă хутшăнусене аталантарма тăрăшни çинчен пĕлтерсе, Иран Правительстви хăйĕн нотинче çапла калать: Багдадра тунă пакт «Иранпа Совет Союзĕ гаранти тата нейтралитет çинчен тунă договорăн 3-мĕш статьине хирĕç пымасть» имĕш, «СССР Правительствине хирĕçле мĕнле те пулин блок пурри, ун çумне пĕрлешни обязательствăсене пăсни вырăнне шутланма пултарни çинчен Иран Правительствин сведенисем çук» имĕш.

Иран Правительствин нотинче 1941 çулхи паллă событисем пирки тата çав событисем хыççăн Совет çарĕсем Иран территорийĕнче вăхăтлăха пулнă пирки Совет Союзĕ çинчен элеклесе каланă сăмахсем пур, çитменнине Иран Правительстви çакна май Совет Союзне вăл «Иранăн шалти ĕçĕсене хутшăннă» тесе айăплама та хăять.

Аяларахра Совет Правительстви Иран Правительствин 1955 çулхи декабрĕн 10-мĕшĕнчи нотти çине панă ответ пичетленет.

«Совет Правительстви Иран Правительствин 1955 çулхи декабрĕн 10-мĕшĕнче янă, Совет Правительствин 1955 çулхи ноябрĕн 26-мĕшĕнчи ноти çине панă ответ пулса тăракан нотăпа илни çинчен пĕлтерет, çакна май çапла калама кирлĕ тесе шутлать:

Багдадра тунă çар пакчĕ тĕлĕшпе тата Иран çав пакт çумне пĕрлешнĕ пирки Совет Союзĕ мĕнле позици йышăнни çинчен Совет Правительстви октябрĕн 12-мĕшĕнче тунă заявленире тата Совет Правительстви Иран Правительствине 1955 çулхи ноябрĕн 26-мĕшĕнче панă нотăра каласа, ăнлантарса панă.

Совет Правительстви çакна палăртать: пăшăрханмалла ĕнтĕ, хăйĕн ответĕнче Иран Правительстви Совет Правительствин 1955 çулхи ноябрĕн 26-мĕшĕнче янă нотинче лартнă тĕп ыйтусем çинчен нимĕн те каламан, вăл агрессилле блоксем тăвас политикăна, çавăн пекех Иран Багдадра тунă çар пактне кĕнине тÿрре кăларма хăтланать.

СССР Правительстви çĕнĕрен çапла калама кирлĕ тесе шутлать: Иран Багдадра тунă çар ушкăнĕ çумне пĕрлешни мирпе хăрушсăрлăха çирĕплетес ĕç интересĕсемпе килĕшсе тăмасть, колониллĕ державăсен тĕллевĕсене пурнăçлама пулăшать, Иранпа Совет Союзĕ хушшинчи ырă кÿршĕлле хутшăнусене тата Иран договорсем тăрăх илнĕ паллă обязательствăсене хирĕç пырать.

Иран 1955 çулхи декабрĕн 10-мĕшĕнче янă нотăра çапла каланă: Иран Правительстви «икĕ çĕршыв хушшинчи туслăх никĕсĕсене çирĕплетме питĕ тăрăшать, вăл çак туслăха çирĕплетме тата аталантарма мĕн май килнине пĕтĕмпех турĕ тата малашне те çавăн пек тăвĕ», тенĕ. Совет Союзĕн Правительстви ку заявление асра тытма йышăнать.

Анчах та çакна май СССР Правительстви çапла кăтартса памасăр иртсе каймa пултараймасть: Иран Багдадра тунă пакт çумне пĕрлешни, çавăн пекех Иран 1955 çулхи декабрĕн 10-мĕшĕнче янă нотăра Совет Союзĕ çинчен сĕмсĕррĕн тата пĕр сăлтавсăрах элеклесĕ калани çав заявленипе килĕшсе тăмасть.

Совет Правительстви Иран Правительствине çакăн пирки асăрхаттарса калать: Иран Багдадра тунă çар блокне кĕни вăл ССР Союзне тапăнмалли плансем туса хатĕрлекен агрессилле вăйсене Иран территорийĕпе усă курмалли майсем туса парать. Çакăн пек лару-тăру Совет Союзĕн чиккисемпĕн хăрушлăх туса хума пултарать, çакăнтан вара СССР Правительстви тивĕçлĕ выводсем тумасăр тăма пултараймасть.

Маларахра каланисене шута илсе, СССР Правительстви Иран Правительствин 1955 çулхи декабрĕн 10-мĕшĕнче янă ответне çителĕклĕ тесе шутлама пултараймасть, Багдадра тунă çар блокĕ тĕлĕшпе тата Иран çак блока кĕнĕ пирки хăй октябрĕн 12-мĕшĕнче тунă заявление тата хăй 1955 çулхи ноябрĕн 26-мĕшĕнче панă нотăна çĕнĕрен çирĕплетет».

Ардалан господин çапла каланă: СССР Правительствин нотине пĕр тăхтаса тăмасăрах Иран Правительствине ярса парăп, тенĕ.

# СОВЕТ ПРАВИТЕЛЬСТВИ

## ФЕДЕРАЛЬНĂЙ ГЕРМАНИ РЕСПУБЛИКИН ПРАВИТЕЛЬСТВИНЕ 1956 ÇУЛХИ ФЕВРАЛĔН 5-мĕшĕнче ПАНĂ НОТА

Февралĕн 6-мĕшĕнче ССР Союзĕн Федеральнăй Германи Республикинчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ В. А. Зорин Федеральнăй Германи Республикин Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин статс-секретарĕ В. Хальштейн патĕнче пулнă, ăна Совет Союзĕн сывлăш пространствине сывлăш шарĕсем вĕçтерсе ярас ĕçре Америкăн çар органĕсем Федеральнăй Германи Республикин территорийĕпе усă курнă пирки Совет правительствин нотине панă.

Аяларахра çав нота текстĕ пичетленет.

«Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Федеральнăй Германи Республикинчи посольстви Федеральнăй Германи Республикин Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствине хисеплени çинчен пĕлтерет, СССР Правительстви хушнипе çапла калать: юлашки вăхăтра Совет Союзĕн территорийĕ тĕлĕнче сывлăш шарĕсене нумай тытнă. Ют çĕршывра тунă çав шарсене Совет Союзĕн территорийĕ çине Хĕвеланăç Германи территорийĕнчен вĕçтерсе ярассĕ. Маларах асăннă шарсем вĕсем—полиэтилен тултарнă, калăпăшĕпе 1.600 кубометра çитекен пысăк баллонсем, вĕсен диаметрĕ 15 метра çитет. Шарсем çумне хăш чухне Совет Союзне хирĕçле пропаганда листовкисенчен тата çавнашкал ытти литературăран тăракан, тепĕр чухне ятарласа тунă аппаратурăран тăракан грузсем çакса янă. Çав шутра автоматла ĕçлекен радиопередатчиксемпе радиоприемниксем, çавăн пекех шарсем вĕçсе пынă вăхăтра территорие аэрофотоÿкерчĕксем туса илмелли фотоаппаратсем, пленка запасĕсем тата ытти приспособленисем пур, вĕсен йывăрăшĕ 650 килограма çитет.

Тытнă шарсене тĕпчесе пăхни çакна кăтартса парать: шарсене те, вĕсем çумне çакса янă аппаратурăна та Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсенче туса хатĕрленĕ. Çакна ăна, сăмахран, аппаратурăн тĕрлĕ пайĕсем çине çырса хунă сăмахсем те, çав пайсене туса кăларакан Америка фирмисен ячĕсем те кăтартса параççĕ.

Совет Правительстви аллинчи даннăйсем кăтартнă тăрăх, çавăн пек шарсене Совет Союзĕн территорийĕ çине Америкăн çар органĕсем Хĕвеланăç Германи территорийĕ çинчен вĕçтерсе яраççĕ.

Паллă ĕнтĕ, 1955 çулхи сентябрь уйăхĕнче Мускавра ССР Союзĕпе Федеральнăй Германи Республикин Правительствисен делегацийĕсем хушшинче каласусем пынă вăхăтра Совет Правительстви Федеральнăй Канцлера Аденауэр господина çакăн пирки асăрхаттарса каланăччĕ: Федеральнăй Германи Республикинче ĕçлекен Америка организацийĕсем Хĕвеланăç Германи территорийĕнчен Совет Союзне грузсем çакнă сывлăш шарĕсем вĕçтерсе яраççĕ, вĕсем вĕçсе çÿрени сывлăш транспорчĕшĕн хăрушлăх туса хурать, самолетсен пассажирĕсемпе вĕсен экипажĕсен членĕсен пурнăçĕшĕн хăрушлăх туса хурать, тенĕччĕ.

СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ В. М. Молотов çак ыйту пирки тунă заявленире çапла кăтартса панăччĕ: Совет Правительстви маларах асăннă ĕçсене чарса лартас тата сывлăш шарĕсем Совет Союзĕн шалти линийĕсем тăрăх, çавăн пекех тĕнчери çĕршывсем хушшинчи линисем—ССР Союзĕпе Европăри ытти чылай государствăсен территорийĕсем урлă каçса каякан линисем тăрăх вĕçсе çÿрекен самолетсемшĕн кăларса тăратакан хăрушлăха пĕтерес тĕлĕшпе Федеральнăй Германи Республикин Правительстви тивĕçлĕ мерăсем йышăнассине кĕтет, тенĕччĕ.

Совет Правительстви çапла чĕпсе калани çине ответлесе, Федеральнăй Канцлер Аденауэр çапла çирĕплетсе каланăччĕ: Федеральнăй Правительство тивĕçлĕ мерăсем йышăнма пултарать, тенĕччĕ, çавăн пекех ку ыйту пирки США правительствипе çыхăнма сăмах панăччĕ.

Анчах та Федеральнăй Германи Республикин территорийĕ çинчен вĕçтерсе яракан сывлăш шарĕсем Совет Союзĕн территорийĕ тĕлĕнче вĕçсе çÿрессине чарăнмарĕ кăна мар, юлашки вăхăтра вăл, маларахра каланинчен курăнать ĕнтĕ, татах та анлăрах сарăлчĕ. Çавăн пек шарсем вĕçсе çÿренине иртнĕ çулхи ноябрьпе декабрь уйăхĕсенче, уйрăмах 1956 çулхи январь уйăхĕнче нумай асăрханă.

Маларах асăннă грузсем çакнă сывлăш шарĕсем хăйсен сывлăш пространствине вĕçе-вĕçе пыракан государствăсем те çавнашкал çул çине тăрас пулсан, маларах асăннă законсăр ĕçсемшĕн ответлă пулса тăракан çĕршывсен сывлăш пространстви еннелле вĕçекен хатĕрсем яма пуçлас пулсан, мĕнле лару-тăру пулса тăрассине ăнланса илме йывăр мар ĕнтĕ.

Маларах каланисене шута илсе, Совет Правительстви çапла калать: ССР Союзĕн сывлăш пространствине сĕмсĕррĕн пăсакан, сывлăш транспорчĕшĕн тата çынсен пурнăçĕшĕн хăрушлăх туса хуракан законсăр ĕçсем тумашкăн Америка органĕсем Федеральнăй Германи Республикин территорийĕне çавăн пек усă курнăшăн Федеральнăй Германи Республикин Правительстви ответлă тесе шутламасăр тăма пултараймасть.

СССР Правительстви çапла тума ыйтать: Федеральнăй Германи Республикин Правительстви çавнашкал киревсĕр ĕçсенче Федеральнăй Германи Республикин территорийĕпе усă курнине чарса лартма васкавлă тата витĕмлĕ мерăсем йышăнтăр тесе çине тăрать.

Маларахра каласа панине кура йышăнакан мерăсем çинчен пĕлтернĕшĕн Совет Правительстви Федеральнăй Германи Республикин Правительствине тав тунă пулĕччĕ».

## Профсоюзсен Пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн секретариачĕ вырнаçнă çурта полици тапăннă

ВЕНА, февралĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Профсоюзсен Пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн секретариачĕ ĕçлекен çурта ĕнер каçхине Австри полицийĕн влаçĕсем сасартăк пырса тапăннă. Çак çурта тапăннă çĕрте, малтанлăха илнĕ сведенисем тăрăх, полицейскисем 60 çын ытла пулнă.

Профсоюзсен Пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн сотрудникĕсене çав çуртран 15 минут хушшинче тухса кайма хушнă. Çурта полицейскисем йышăннă, унтан çурт алăкĕсене пичетленĕ, хурал тăратнă. Профсоюзсен Пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн работникĕсене çав çурта кĕме чарнă.

Халĕ паллă пулнă тăрăх, полици тапăнас умĕнхи кун Профсоюзсен Пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ Австри канцлерĕ Рааб патне çыру янă, федераци секретариатне ертсе пыракансене йышăнма ыйтнă, вĕсем шалти ĕçсен министерстви Профсоюзсен Пĕтĕм тĕнчери федерацине Австри территорийĕнче ĕçлеме чарасси çинчен решени йышăннă пирки Австри канцлерĕçе каласасшăн пулнă. Çак ыйту çине халлĕхе ответ илмен-ха.



Советски районĕнчи Свердлов ячĕпе тăракан колхозри В. Ильина свинарка. Иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче вăл хăйне çирĕплетсе панă кашни амаран 21-шер çура илнĕ, вĕсене тĕрĕс те сывă пăхса ÿстернĕ.

Укерчĕк çинче: В. Ильина свинарка хăй пăхакан сыснасене апат парать.

П. Ефремов фотоÿкерчĕкĕ.

## Ялхуçалăх фильмĕсем кăтартассине вăйлатмалла

Еçсынисене совет наукипе техникин çитĕнĕвĕсемпе паллаштарас, малта пыракан колхозсен, МТС-сен, совхозсен опытне пропагандăлас ĕçре ялхуçалăх, наукăлла, хроникăлла-документла фильмсем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Чăвашкинопрокатра çавнашкал фильмсем 900 яхăн, вĕсен копийĕсем 2 пин ытла шутланаççĕ.

Ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх фильмсен фондĕнче «Кукуруза пысăк усă паракан культура», «Кĕрхи тулă», «Ÿсентăрансем аталанни тата ÿсни», «Органикăлла тата минераллă удобренисен хутăшне—уй-хире», «Удобренисем», «Колхоз учепайĕ Терентий Мальцев çинчен» фильмсем пур. Унсăр пуçне выльăх-чĕрлĕх ĕрчетесси çинчен, ветеринари, ялхуçалăх производствине механизацилессипе электрификацилесси çинчен калакан фильмсем нумай.

Иртнĕ çул нумай районсенчи культура пайĕсем ялхуçалăх фильмĕсем кăтартассине хакламанни палăрчĕ. Ялхуçалăх фильмĕсем 8 пин сеанс кăтартмалла пулнă пулсан, вуннĕр уйăхра 1.533 сеанс çеç кăтартнă. Сăмахран, Ишлей районĕнчи культура пайĕ план тăрăх çулталăкра 330 сеанс вырăнне 59 сеанс çеç кăтартнă. Ку ĕç Первомайски, Куславкка, Чкаловски, Шăмăршă, Тăвай, Турачăк, Вăрмар, Сĕнтĕр районĕсенче начар пырать.

Ялхуçалăх фильмĕсем кăтартассине лайăхлатма мĕн чăрмантарать-ха? Культура пайĕсен руководителĕсем çак кирлĕ ĕçе киномеханиксем çине йăвантарнă, колхозсемпе ялхуçалăх фильмĕсем кăтартасси çинчен договорсем туман. Ялхуçалăх фильмĕ кăтартнăшăн киномеханикпе моториста кашни сеансшăн 10—12 тенкĕ хушса тÿлемелли йĕркене пăснă. Тепĕр чухне киномеханиксем колхозсенчен ялхуçалăх фильмĕ кăтартнăшăн 45 тенкĕ мар, 100—150 тенкĕ илнĕ.

Ялхуçалăх фильмĕсен кинофестивалĕ кăçалхи майăн 1-мĕшĕччен пырать. Çак фестивальпе усă курса, ялхуçалăх фильмĕсене кашни колхозри, МТС-ри тата совхозри агро-зоотехника курсĕнче кăтартмалла.

В. ВИШНЕВ.

## РАДИОПА ПАРАКАН ПЕРЕДАЧĂСЕМ

*Вырăнти вăхăтпа*

**ФЕВРАЛЕН 11-МЕШЕНЧЕ**

18.50—Тĕнчери лару-тăру çинчен статья. 19.05—«Иртнĕ эрнере» ятлă передача. 19.25—Радио итлекенсем сĕннипе йĕркеленĕ концерт.

**ФЕВРАЛЕН 12-МЕШЕНЧЕ**

17.00—Чăваш халăх поэчĕ Яков Ухсай çырнă «Акăшкÿл» роман тăрăх йĕркеленĕ литературăпа музыка монтажĕ.

**ФЕВРАЛЕН 13-МЕШЕНЧЕ**

8.20—Вăрнар МТС-ĕн директорĕ И. А. Андреев юлташ механизаторсем партин XX-мĕш съезчĕ умĕнхи ăмăртура тунă çитĕнÿсем çинчен каласа пани. 8.40—Вентри халăх юррисем. 18.50—«Телейлĕ ачалăх» ятлă радиомонтаж. 19.05—Агро-зоотехникăна виçĕ çуллăх курсра вĕренекенсене пулăшма «Тĕрĕс пусă çаврăнăшĕсен никĕсĕсем» ятлă лекци. 19.25—Ялхуçалăхĕнче ĕçлекенсем ыйтнипе йĕркеленĕ концерт.

## Пĕлтерни

Февралĕн 8-мĕшĕнче, каçхине 7 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче (Урицкий урамĕ) политикăлла экономие (пĕрремĕш цикл тăрăх) вĕренекенсем валли лекци пулать. Лекци теми: «Воспроизводство общественного капитала и экономические кризисы».

Лекторĕ В. В. Гордеев юлташ.

КПСС хула комитечĕ.

Редактор заместителĕ П. Н. НИКОЛАЕВ.

### Театр

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРЕНЧЕ февралĕн 8-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Асран кайми кунсем», февралĕн 9-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Кай, кай Ивана», февралĕн 10-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Любовь Ани Березко».

### Кино

«РОДИНА». Февралĕн 8-мĕшĕнче кăнтăрлахи тата каçхи сеанссенче хроникăлла-документла тĕслĕ çĕнĕ фильм «Великая дружба народов» кăтартаççĕ. Кăнтăрлахи сеанссем 10, 12, 14 сехетсенче, каçхи сеанссем 16, 18.15, 20, 22 сехетсенче пуçланаççĕ.

## ГОСУДАРСТВĂН 3 ПРОЦЕНТЛА ВЫЛЯСА ИЛМЕЛЛИ ШАЛТИ ЗАЕМĔ

49-мĕш выляв тиражĕн

### СПРАВКА-ТАБЛИЦИ

Выляв тиражĕ Куйбышев хулинче 1956 çулхи январĕн 30-мĕшĕнче пулнă.

Заемăн мĕнпур сакăр разрядĕнчи серисемпе облигацисен номерĕсем çине выигрыш тухнă:

| Сери № № | Облигаци № № | Миçе тенкĕ | Сери № № | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ | Сери №№ | Облигаци № № | Миçе тенкĕ | Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ |
|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|
| 001787 | 24*) | 5000 | 027205 | 1—50 | 400 | 059960 | 1—50 | 400 | 080174 | 31*) | 5000 |
| 001986 | 45*) | 5000 | 028840 | 35*) | 25000 | 059962 | 09*) | 10000 | 080350 | 41*) | 5000 |
| 002340 | 30*) | 5000 | 028941 | 1—50 | 400 | 060449 | 19*) | 50000 | 080601 | 44*) | 10000 |
| 003089 | 1—50 | 400 | 030683 | 19*) | 10000 | 060510 | 1—50 | 1000 | 080640 | 1—50 | 1000 |
| 003435 | 24*) | 10000 | 031140 | 31*) | 5000 | 061938 | 38*) | 5000 | 080924 | 28*) | 5000 |
| 003583 | 11*) | 5000 | 031983 | 45*) | 5000 | 062266 | 21*) | 5000 | 081141 | 1—50 | 400 |
| 003805 | 46*) | 5000 | 033225 | 04*) | 5000 | 063034 | 1—50 | 400 | 081332 | 16*) | 5000 |
| 005729 | 17*) | 5000 | 033232 | 1—50 | 400 | 063103 | 1—50 | 400 | 081863 | 35*) | 5000 |
| 006042 | 1—50 | 1000 | 033280 | 41*) | 5000 | 063848 | 28*) | 10000 | 082622 | 23*) | 5000 |
| 006376 | 24*) | 5000 | 034152 | 1—50 | 400 | 064095 | 30*) | 5000 | 082792 | 1—50 | 400 |
| 006753 | 1—50 | 1000 | 034357 | 1—50 | 400 | 064137 | 43*) | 5000 | 083491 | 1—50 | 1000 |
| 007950 | 03*) | 10000 | 034659 | 01*) | 5000 | 064329 | 02*) | 10000 | 083591 | 1—50 | 1000 |
| 008123 | 45*) | 5000 | 036064 | 46*) | 5000 | 064426 | 48*) | 5000 | 084208 | 14*) | 5000 |
| 009355 | 1—50 | 400 | 037045 | 1—50 | 400 | 065439 | 22*) | 5000 | 085070 | 46*) | 10000 |
| 010132 | 1—50 | 400 | 037322 | 12*) | 5000 | 065563 | 10*) | 5000 | 085329 | 1—50 | 400 |
| 010209 | 49*) | 5000 | 037776 | 1—50 | 1000 | 066680 | 1—50 | 400 | 085927 | 22*) | 5000 |
| 010247 | 1—50 | 400 | 039044 | 48*) | 25000 | 067748 | 36*) | 10000 | 086062 | 01*) | 5000 |
| 011616 | 14*) | 5000 | 041510 | 1—50 | 400 | 068176 | 10*) | 10000 | 086120 | 15*) | 10000 |
| 011719 | 1—50 | 400 | 041937 | 20*) | 5000 | 068784 | 30*) | 5000 | 086827 | 23*) | 5000 |
| 012290 | 1—50 | 400 | 042273 | 26*) | 5000 | 069505 | 49*) | 5000 | 087214 | 1—50 | 400 |
| 013316 | 03*) | 5000 | 042356 | 10*) | 5000 | 069644 | 08*) | 5000 | 087552 | 08*) | 5000 |
| 013396 | 34*) | 10000 | 042727 | 40*) | 5000 | 070120 | 28*) | 5000 | 088002 | 08*) | 5000 |
| 013615 | 1—50 | 1000 | 043954 | 34*) | 5000 | 070215 | 32*) | 10000 | 088723 | 35*) | 5000 |
| 014762 | 26*) | 5000 | 044294 | 1—50 | 400 | 071814 | 43*) | 25000 | 088909 | 17*) | 5000 |
| 015254 | 44*) | 50000 | 044670 | 1—50 | 400 | 072043 | 34*) | 5000 | 089185 | 09*) | 10000 |
| 016098 | 03*) | 5000 | 046189 | 1—50 | 400 | 072196 | 13*) | 5000 | 089722 | 1—50 | 400 |
| 016531 | 1—50 | 400 | 048075 | 1—50 | 400 | 072337 | 23*) | 5000 | 090024 | 39*) | 5000 |
| 016861 | 28*) | 5000 | 051332 | 48*) | 10000 | 072872 | 08*) | 5000 | 091409 | 44*) | 10000 |
| 017308 | 02*) | 10000 | 051838 | 1—50 | 400 | 073481 | 06*) | 5000 | 091592 | 48*) | 5000 |
| 017435 | 34*) | 5000 | 052005 | 1—50 | 1000 | 073788 | 1—50 | 400 | 092098 | 35*) | 5000 |
| 017515 | 48*) | 5000 | 052184 | 48*) | 5000 | 075356 | 12*) | 5000 | 093983 | 06*) | 10000 |
| 018640 | 19*) | 5000 | 052398 | 07*) | 10000 | 075686 | 1—50 | 400 | 094191 | 26*) | 5000 |
| 019120 | 17*) | 10000 | 052504 | 1—50 | 400 | 076661 | 1—50 | 1000 | 094627 | 1—50 | 400 |
| 019892 | 1—50 | 400 | 052640 | 1—50 | 400 | 076906 | 1—50 | 1000 | 094868 | 28*) | 10000 |
| 020986 | 1—50 | 400 | 053099 | 25*) | 5000 | 077221 | 09*) | 5000 | 095337 | 50*) | 10000 |
| 021526 | 1—50 | 1000 | 054713 | 1—50 | 400 | 077403 | 08*) | 5000 | 097504 | 43*) | 5000 |
| 022767 | 14*) | 25000 | 055202 | 18*) | 10000 | 077543 | 1—50 | 1000 | 097757 | 1—50 | 400 |
| 022832 | 35*) | 25000 | 056646 | 40*) | 5000 | 077730 | 26*) | 5000 | 098403 | 1—50 | 400 |
| 024218 | 28*) | 5000 | 056675 | 50*) | 5000 | 077754 | 1—50 | 1000 | | | |
| 024437 | 09*) | 5000 | 057041 | 39*) | 5000 | 077978 | 35*) | 10000 | 098464 | 1—50 | 400 |
| | | | 057957 | 19*) | 5000 | 078770 | 18*) | 5000 | 098818 | 48*) | 10000 |
| 025524 | 1—50 | 400 | 058674 | 33*) | 5000 | 079684 | 1—50 | 400 | 099475 | 1—50 | 400 |
| 026243 | 1—50 | 400 | 058687 | 36*) | 5000 | 079722 | 01*) | 5000 | 099696 | 1—50 | 400 |

*) Ку серири облигацисен ытти 49 номерĕ 400-шер тенкĕ выляса илнĕ.

ЧĂВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧĔН УПРАВЛЕНИЙĔ.

# „Ялав“ журналти хăшпĕр калавсем çинчен

(Вĕçĕ. Пуçламăшĕ 3-мĕш страницăра).

никре те çавăн пек ăнсăртран тĕл пулнисем питĕ нумай. Ку калавра та çынсем пăчах кĕтмен çĕртен, вунă çултан тĕл пулаççĕ...

«Ывăлĕ патне кайсан» калавра та ĕçсем питĕ çăмăллăн пулса пыраççĕ.

Произведенисен сюжечĕсене ытла та çăмăл меслетпе туса пынăран килмест-ши ку?

Пĕр сăмахпа каласан, çак калавсем Садай творчествăра малалла кайнине мар, вăл хăйĕн ăсталăхне ÿстерме тăрăшманнине, васканине, çавăн пирки пĕр вырăнта тăпăртатса тăнине кăтартаççĕ.

Валентин Бурнаевскин «Ăнланчĕ» тата «Телей» калавĕсене вуланă хыççăн та çавнах калама тивет. Вăл ялан тинĕс çинчен, моряксем çинчен çырать. Ку питĕ аван. Анчах темшĕн-çке Бурнаевский калавĕсен художествăлла пахалăхĕ ÿсмест, калавсен пурте пĕр майлă пулса пыраççĕ, вĕсене вулама йывăр, чĕлхи ниепле те якалаймасть.

Акă пĕр-икĕ тĕслĕх: «Çĕнĕ хыпар тĕрлĕ облаçсемпе республикăсем партипе Совет правительствине панă обязательствăсене ăнăçлăн пурнăçлани çинчен калакан рапортсенчен пуçланчĕ. Чăваш республикинчи колхозниксем те, Куйбышев облаçĕнчипе Ставрополь крайĕнчи колхозниксемпе пĕр вăхăтрах, государствăна тырă памалли плана иртерсе тултарнă иккен». («Телей» калавран). «Кирек мĕнле пулсан та, умри тĕллеве пурнăçламасăр каялла çаврăнасшăн мар вĕсем». («Ăнланчĕ» калавран).

Çакăн пек çырнине ниепле те илемлĕ литература чĕлхи теме çук ĕнтĕ.

Нумай чухне В. Бурнаевский калавĕсенчи танлаштарусем питĕ килĕшÿсĕр пулса тухаççĕ.

«...Вăл (сăмах карап çинчен пырать.—Л. А.) çав тери ывăннă, çапах та яланах хăй вăйĕ çине шанса тăракан хастарлă совет салтакне аса илтерет».

Кунта автор тÿрех икĕ йăнăш тунă: карап ывăнма пултараймасть; чунсăр япалана (карапа) чĕрĕ çынпа ниепле те танлаштарма çук.

...Ун хыççăн, тулли хутаçран урайне пăрçа тăкнă пек, алă çупнă сасăсем шăпăртатни илтĕнчĕ».

Урайне хутаçран пăрçа тăкса тăни—кулăшла япала, матроссем алă çупнине пăрçа тăкнипе танлаштарни—ытла та вăйсăр.

Бурнаевский нумай çырать, анчах унăн çакăнпа пĕрлех калавсен пахалăхĕшĕн те ытларах тăрăшас пулать. «Ялав» редакцийĕн писнĕ-писмен калавсене пичетлемелле мар. Юлашкинчен журналсенче пичетленнĕ опытлă писательсен хăшпĕр калавĕсем çинчен те темиçе сăмах калас пулать.

«Ялавăн» 6-мĕш номерĕнче Аркадий Эсхелĕн «Икĕ студент» ятлă калавĕ пур. Тĕп геройсем—Геннадий Яшменинпа Гриша Тойдеряков—ялхуçалăх институтĕнче вĕренекен студентсем. Гриша колхозра, ĕçчен çемьере ÿснĕ, çарта та пулнă, автор сăмахĕсемпе каласан—унăн «пурнăç кутамкки» çăмăлах пулман. Геннадий—ачашлăхра, хура-шур курмасăр ÿснĕскер. Вăл хăйне пуринчен те мала хурать, мăнкăмăллă, эгоист.

Вĕсен çулла практикăна кайма тивет. Поезд çине ларнă-ларманах Геннадий иртĕнме пуçлать, пассажирсене кÿрентермелле хăтланать. Колхоза çитсен те вăл нимĕн те тумасть, «каç-каç ял тăрăх хĕрсемпе янкăлтатса çÿрет те кăнтăрлаччен сывăрать». Гриша—пачах урăхла: колхозра чун-чĕререн ĕçлет, институтра илнĕ пĕлÿсене практикăра çирĕплетме тăрăшать, юлташне те тÿрлетме пикенет, анчах лешĕ вăл каланисене хăлхана та чикмест.

— Эпĕ моралистсене юратмастăп,—тет вăл.

Юлашкинчен, Геннадий практикăра хăйне киревсĕр тыткалани çинчен колхоз председателĕ института çырса пĕлтерет те, ун пирки сÿтсе яваççĕ.

Интереслĕ, кирлĕ калав. Автор материала лайăх пĕлни курăнать. Анчах вăл ку калава васкаса, ытлашши «чăрманмасăр» çырнă пек туйăнать. Геройсен характеристики—пĕр енлĕ. Геннадие пĕтĕмпех хура сăрпа сăрласа лартнă, Гриша вара—ытла та «сенкер». Икĕ полюс. Васканипех, калаври танлаштарусем те пĕр майлă пулса тухнă (машина—шоколад тĕслĕ, брюки—какао тĕслĕ...). «Осторожнă çÿре», «мудрăç» тенисем те калав пахалăхне ÿстермеççĕ, чакараççĕ кăна. Тăрăшарах ĕçленĕ пулсан, çакăн пек шăйрăксем пулман пулĕччĕç.

Кузьма Пайрашăн «Мĕн калаçа çырнă-ши?» калавĕн геройĕсем те («Ялавăн» 7-мĕш номерĕнче)—ялхуçалăх институчĕн студенчĕсем. Çавăн пекех, Володин студент практикăна каять. Унăн колхозри ĕçĕсене автор тĕплĕн, нумай енлĕн кăтартса панă: Володин колхозри хăшпĕр çынсен кивĕлле шухăшĕсене çĕнтерет, массăна организацилет, тухăçлă пахча çимĕç ÿстерет. Володин портретне те лайăх кăтартнă, унăн шухăш-кăмăлне те ĕненмелле уçса панă. Практикăна пынă студентпа Вера хушшинчи юрату илемлĕ, таса. А. Эсхель калавĕнчи Геннадий пекех «ашшĕн машинипе» çÿрекен Рита сăнарĕ çеç темле тулли мар, схемăлла пулса тухнă.

Пирĕн шутпа çак калав «Ялав» журналта пĕлтĕр пичетленнĕ лайăх калавсенчен пĕри пулса тăрать, вăл Кузьма Пайрашăн çырас ăсталăхĕ ÿссех пынине палăртать.

Çавăн пек ĕнтĕ «Ялавра» пĕлтĕр пичетленнĕ хăшпĕр калавсем. Пĕтĕмĕшпе илсен, вĕсем пирĕн проза малалла пынине кăтартаççĕ. Çамрăксем хушшинчен пултаруллă прозаиксем ÿсни те куç умĕнчех. Анчах çак ÿсĕмсене ниепле те çителĕклĕ теме çук. Чăн малтан, калавсен тематики питĕ ансăррине кăтартса хăвармалла. Час-часах авторсем вăл е ку темăна илеççĕ кăна, анчах ăна тарăнăн уçса пама хал çитерейменççĕ. Иккĕмĕшĕнчен, чылай авторсем хăйсен профессилле ăсталăхне ÿстерме тăрăшманни, писателĕн тĕп хĕçпăшалне—чĕлхене туптаса якатманни пысăк çитменлĕх пулса тăрать.

Çамрăк писательсен сывăх вăхăтра пулмалли канашлăвĕнче çакăн çинчен те пысăк та тĕплĕ калаçу пулма тивĕç.

Леонид АГАКОВ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-64, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00037. Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 573. Тираж 37.000 экз.